ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Июнь 14

ВЫРСАРНИКУН

№ 115 (9024)

36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**



## Производство планне срокчен тултарассишĕн

Республикăри ĕççыннисем, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тата иртерсе тултарассишĕн, Тăван çĕршыв хăватне ÿстерессишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешеççĕ. Республикăра промышленность продукцийĕ туса кăларасси çултан-çул ÿссе пырать. Нумай фабрикăсемпе заводсем производство планне тăтăшах тултараççĕ, çĕнĕ йышши изделисем туса кăларма хăнăхаççĕ, ĕç тухăçлăхне ÿстереççĕ, технологи процесне çĕнетсе лайăхлатаççĕ. Уйрăм предприятисем Пĕтĕм Союзри социализмла ăмăртура малти вырăна тухаççĕ. Промышленноçра, транспортра, строительствăра стахановецсен, производство новаторĕсен хисепĕ куллен ÿсет. Рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхĕ вăйланса пырать.

Анчах чылай предприятисен руководителĕсем, министерствăсемпе управленисем государство çирĕплетсе паракан плансене вăхăтра тата пысăк пахалăхпа тултарса пырассишĕн, производствăна тĕрĕс йĕркелессишĕн тивĕçлĕ ответлăх туймаççĕ-ха. Çавăнпа промышленность, пĕтĕмĕшпе илсен, çителĕксĕр ĕçлет. 1952 çулта тата кăçалхи пилĕк уйăхра халăх хуçалăхне миллионшар тенкĕлĕх продукци парса çитереймен, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли задание пурнăçлайман.

Уйрăмах Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ япăх ĕçленине палăртас пулать. Ку комбинат нормăран иртерсе чылай чĕртавар расходланă, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли задание пурнăçламан. Вăл юлса пыни производство культури çÿлти шайра тăманнинчен, хăватлă техникăпа лайăх усă курманнинчен килет. Комбинат директорĕ Хрипушин юлташ тата партбюро секретарĕ Серов юлташ уйрăм цехсем юлса пынине пĕтерме тăрăшмаççĕ, умра тăракан задачăсене чыслăн пурнăçласа пыма коллектива мобилизацилемеççĕ.

Кăçал Канашри вагонсем юсакан завод, Шупашкарти пир-авăр комбиначĕ, ликерпа эрех завочĕ çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Куславккари çуртсем тăвакан завод, Сĕнтĕрвăрринчи судоверфь май уйăхĕнчи плана тултарман.

Вăрман промышленноçĕ Тăван çĕршыв умĕнче пысăк парăма кĕчĕ, стройкăсене, çĕр кăмрăк промышленноçне, чугун çул транспортне вуншар пин кубометр йывăç парса çитереймерĕ. Вăрманпромхозсем машинăсемпе тата механизмсемпе çав-çавах япăх усă кураççĕ. Ку предприятисенче ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ. Вăрманпромхозсенчи парторганизацисем администраци ĕçне тĕрĕслесе тăмаççĕ, рабочисем хушшинче массăлла-политикăлла ĕçе кирлĕ пек туса пымаççĕ, социализмла ăмăртăва ертсе пырас ĕçри формализма пĕтерме тăрăшмаççĕ.

Промышленность, транспорт тата çыхăну предприятийĕсем нумайăшĕ çителĕксĕр ĕçлени министерствăсем, ведомствăсем, предприятисемпе стройкăсен руководителĕсем хăйсен ĕçне Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем тăрăх ерипен çĕнетсе лайăхлатнинчен, производство хăвачĕсемпе усă курма, государство планĕсене тултарса пыма тивĕçлĕ ĕçсем туса иртерменнинчен килет.

Партин хăшпĕр хула комитечĕсемпе райкомĕсем предприятисенче партилле-политикăлла тата партилле-организацилле ĕçе йĕркелеме пуçламăш парторганизацисене çителĕксĕр пулăшаççĕ, уйрăм фабрикăсемпе заводсем, стройкăсем юлса пынине пĕтермеççĕ.

КПСС Йĕпреç, Сĕнтĕр, Вăрнар, Калинино, Хĕрлĕ Чутай тата Етĕрне райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсем вырăнти промышленноçпа коопераци промышленноçне аталантарма, вырăнти чĕрташварпа усă курма тăрăшмаççĕ. Çак районсенчи чылай предприятисем производство планне час-часах тултармаççĕ.

Промышленноçпа транспорт çителĕксĕр ĕçленипе килĕшсе тăма май çук. Кашни предприяти, стройка, чугун çул организацийĕ государство планне уйăхран уйăха тултарса тата иртерсе тултарма, продукци пахалăхне лайăхлатма, чĕртавар, топливо, электроэнерги перекетлеме тивĕç.

«Коммунизм ялавĕ» хаçатпа «Советская Чувашия» хаçатăн паянхи номерĕнче КПСС обком бюровĕ промышленность предприятийĕсем, строительство тата чугун çул организацийĕсем енĕпе 1953 çулхи плана тултармалла тăвасси çинчен ятарласа йышăннă решени пичетленсе тухать.

Парти обкомĕн бюровĕ министерствăсемпе ведомствăсен руководителĕсене, предприятисемпе стройкăсенчи парторганизацисене производствăна ертсе пырас ĕçе тĕпрен лайăхлатма, шалти резервсемпе туллин усă курма, 1953 çулхи плана пур кăтартусем тăрăх та тултармалла тума хушать.

Уйрăмах «Чувашлес» трестăн тата ăна пăхăнса тăракан вăрманпромхозсен ĕç хăвăртлăхне ÿстермелле, механизмсемпе усă курассине лайăхлатмалла. Вĕсен Тăван çĕршыв умĕнчи парăма виççĕмĕш кварталта татмалла, çав вăхăтрах кĕркуннепе хĕллехи сезона вăхăтра, пысăк пахалăхпа хатĕрленмелле, рабочисем валли пурăнмалли çуртсем ытларах туса лартмалла.

Предприятисем, стройкăсем, чугун çул организацийĕсем, промышленность енĕпе ĕçлекен министерствăсемпе управленисем пурте государство заданийĕсене продукци туса кăларас, ĕç тухăçлăхне ÿстерес, продукци пахалăхне лайăхлатас, таварсен пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе уйăхран уйăха пурнăçласа пыма тивĕçлĕ. Çапла тăвас тесен, хăватлă техникăна тухăçлă тата татти-сыпписĕр ĕçлеттерме кансĕрлекен чăрмавсене хăвăртрах пĕтермелле, йывăр ĕçсене механизацилемелле, наукăпа техникăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе, производство новаторĕсен опычĕпе анлăн усă курмалла, технологи процесне пĕрмаях çĕнетсе, лайăхлатса пымалла.

Парти, совет, хуçалăх, профсоюз тата комсомол организацийĕсен социализмла ăмăртăва анлăн сарса пымалла, малта пыракансемпе новаторсен ĕçри лайăх тĕслĕхĕсене малалла кайма пулăшакан пуçарăвĕсене пĕтĕм вăйпа пулăшмалла, юлса пыракансене малта пыракансемпе танлашма пулăшас тесе, малта пыракан опыта мĕнпур ĕççыннисем хушшинче çине тăрса сарса пымалла.

Промышленность предприятийĕсен, стройкăсен, чугун çул организацийĕсен хăйсем умĕнче тăракан задачăсене чыслăн пурнăçа кĕртсе пыма мĕн кирли пурте пур. Вĕсем хăватлă техникăпа хĕçпăшалланнă. Ăста рабочисем, инженерсемпе техниксем ÿссе çитĕнчĕç. Предприятисемпе стройкăсен чĕртавар, топливо, материалсем çителĕклĕ. Халĕ ĕнтĕ ĕç çакăнта: çав майсемпе пуринпе те пĕтĕмĕшпех усă курмалла, ĕçри çитменлĕхсене татăклăнах пĕтерсе пымалла, производствăра халиччен усă курман резервсене тупмалла, вĕсене халăх хуçалăхне вăйлатакан хăватлă çăлкуçĕ туса хумалла.

1953 çулхи производство планне срокчен тата иртерсе тултарассишĕн промышленноçра, транспортра, строительствăра социализмла ăмăртăва çĕнĕ хăватпе вăйлатса пырар!

## Украинăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕ

КИЕВ, июнĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Çак кунсенче Украинăри Коммунитсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕ пулса иртнĕ. Пленум политикăлла ĕçри тата хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырас ĕçри çитменлĕхсем çинчен сÿтсе явнă.

Пленум Украинăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе УССР Министрĕсен Совечĕ Украинăн хĕвеланăçĕнчи облаçĕсене çителĕксĕр ертсе пынă, тесе йышăннă.

Пленум çакна палăртнă: Центральнăй Комитет Бюровĕ тата Украинăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Мельников юлташ хăйсен практикăллă ĕçĕнче пирĕн партин ленинла-сталинла наци политикине пăснă, Украинăн хĕвеланăçĕнчи облаçĕсенче партипе совет ĕçĕнче ертсе пыма пуринчен ытла Украинăн ытти облаçĕсенчи работниксене уйăрса лартнă, çавăн пекех тата Хĕвеланăç Украинăри аслă шкулсенче вырăсла вĕрентмелле тунă.

Пленум Украинăн хĕвеланăç облаçĕсенчи колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетес ĕçре пысăк йăнăшсем тунине палăртнă.

Украинăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕ политикăлла ĕçе вăйлатас, ленинла-сталинла наци политикине пурнăçа кĕртсе пымалла тăвас, хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырас ĕçри çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе практикăлла ĕçсем туса иртерме йышăннă.

Пленум организацилле решенисем йышăннă.

Пленум Мельников юлташа ертсе пыма пултарайманшăн, кадрсем суйласа илес ĕçре тата партин наци политикине пурнăçа кĕртес ĕçре пысăк йăнăшсем тунăшăн пĕрремĕш секретарь ĕçĕнчен хăтарнă тата Украинăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Бюровĕнчен кăларнă.

Пленум Украинăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ пулма А. И. Кириченко юлташа суйланă, ăна Украинăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн иккĕмĕш секретарĕн ĕçĕсенчен хăтарнă.

Пленум Украинăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Бюровĕн членĕ пулма УССР Министрĕсен Совечĕн председателĕн пĕрремĕш заместительне А. Е. Корнейчук юлташа суйланă.

*КПСС Чăваш обкомĕнче*

## Республикăри промышленноçпа транспорт предприятийĕсен, строительство организацийĕсен ĕç итогĕсем тата 1953 çулхи государство планне тултармалли мерăсем çинчен

КПСС обкомĕн бюровĕ çакна палăртать: промышленность, транспорт тата çыхăну работникĕсен 1952 çулхи тата кăçалхи тăвата уйăх хушшинчи ĕç итогĕсем тăрăх пулса иртнĕ канашлăвĕнче республикăри промышленность, транспорт тата çыхăну ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине уçса палăртнă.

Республикăри промышленность, транспорт тата çыхăну предприятийĕсем нумайăшĕ çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Республикăри промышленность продукци туса кăлармалли 1952 çулхи плана пĕтĕмпе 99,6 процент, 1953 çулхи тăвата уйăхри плана 98,2 процент çеç тултарнă.

Кăçал Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ, Канашри вагонсем юсакан завод, Шупашкарти пир-авăр комбиначĕ, Шупашкарти ликерпа эрех завочĕ уйрăмах çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

«Чувашлес» треста (управляющийĕ Киркин юлташ пулнă) пăхăнса тăракан предприятисем государство планне тăтăшах тултарса пымаççĕ. Чăвашдревпромсоюз (председателĕ Степанов юлташ), аш-какай тресчĕ (управляющийĕ Леняшин юлташ) государство планне тултарса пыраймаççĕ.

Хăшпĕр предприятисем плана пĕтĕмпе тултараççĕ пулин те, чи кирлĕ йышши япаласем туса кăлармалли задание пурнăçламаççĕ, пысăк пахалăхлă продукци туса кăларассишĕн, перекетлĕхшĕн кĕрешмеççĕ, хуçасăрлăха пула пысăк тăкаксем тăваççĕ. Ĕç тухăçлăхне ÿстермелли 1952 çулхи плана 95,3 процент çеç тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакĕ, 1951 çулхипе танлаштарсан, 1,7 процент хăпарнă.

Предприятисем, пурăнмалли çуртсем, культурăпа йăла учрежденийĕсем валли çуртсем лартас ĕç питĕ япăх пырать. Республикăра иртнĕ çулхи капитальнăй строительство планне тултарман. Строительство организацийĕсен ĕçĕ 1953 çулта та лайăхланман. Строительство организацийĕсем: «Легпромстройăн» 11-мĕш тресчĕ (управляющийĕ Каплин юлташ), СССР Çул-йĕр министерствин Канашри строительствăпа монтаж кантурĕ (начальникĕ Голованов юлташ), Çĕмĕрлери строительствăпа монтаж кантурĕ (начальникĕ Шереметьев юлташ) плана тултарма, ĕç пахалăхне ÿстерме, строительство хакне йÿнетме пулăшакан майсемпе япăх усă кураççĕ. Предприятисен директорĕсем—Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн директорĕ Бекренев юлташ, Канашри вагонсем юсакан завод начальникĕ Трухин юлташ, Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕн директорĕ Хрипушин юлташ строительство организацийĕсене техникăлла документсем вăхăтра памаççĕ, çавăн пирки строительство ĕçĕсене вăхăтра сарса яраймаççĕ.

Чугун çул, шыв çул тата автомобиль транспорчĕн ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Чугун çул транспортĕнчи хуçалăх руководителĕсемпе парторганизацисем ĕçĕн тĕп кăтартăвĕсене, техникăлла эксплуатацин правилисене пурнăçласа пымалла тăвайман, транспортра дисциплинăна çирĕплетмен.

Промышленность, транспорт тата çыхăну предприятийĕсем нумайăшĕ çителĕксĕр ĕçлени министерствăсем, ведомствăсем, предприятисемпе стройкăсен руководителĕсем хăйсен ĕçне Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем тăрăх çĕнетсе лайăхлатассине ерипен туса пынинчен, производство хăвачĕсемпе усă курма, государство планĕсене тултарса пыма кирлĕ ĕçсене туманнинчен килет. Нумай предприятисенче тахçанах сивленĕ штурмовщинăна хăнăхнă, шалти ресурссемпе туллин усă курассишĕн, ĕçе тĕрĕс организацилессишĕн, технологи процесне лайăхлатассишĕн, государство укçи-тенкине, чĕртавара, материалсене, топливăпа электроэнергие перекетлессишĕн кĕрешмеççĕ.

Чылай предприятисенче, строительство организацийĕсенче, уйрăмах чугун çул транспорчĕпе вăрман промышленноçĕнчи предприятисенче ĕç дисциплинипе государство дисциплини çителĕксĕр, рабочисем улшăнса тăни пысăк, рабочисен тата ертсе пыракан работниксен культурăллатехникăлла шайне ÿстерес ĕçе çителĕксĕр йĕркеленĕ.

Промышленность енĕпе ĕçлекен министерствăсен, управленисен тата трестсен руководителĕсем кашни предприятин ĕçĕпе тимлĕн интересленмеççĕ, ыйтусене оперативно татса памаççĕ, уйрăм предприятисем мĕншĕн юлса пынине тĕпчесе палăртмаççĕ, предприятисенче тивĕçлĕ йĕрке тума кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Нумай предприятисенчи тата строительство организацийĕсенчи пуçламăш парторганизацисем администраци ĕçне çителĕксĕр тĕрĕслесе тăраççĕ, производствăпа тĕплĕн паллашмаççĕ, предприятисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме критикăпа самокритикăна анлă сармаççĕ, коммунистсен производствăри авангардлă рольне хăпартассишĕн кĕрешмеççĕ, социализмла ăмăртăва çителĕксĕр ертсе пыраççĕ.

Облпрофсовет, профсоюз обкомĕсем, фабкомсемпе завкомсем промышленноçра, транспортра тата çыхăну органĕсенче ĕçлекен рабочисене, инженерсемпе техниксене тата служащисене пурне те социализмла ăмăртăва хутшăнтарма тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ, производствăра малта пыракансен опытне çителĕксĕр пĕрлештерсе сараççĕ, социализмла ăмăртăва организацилес ĕçри формализма пĕтермеççĕ, çавăн пекех рабочисен культурăпа йăла ыйтăвĕсене лайăх тивĕçтерме тăрăшмаççĕ.

КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсем промышленноçпа транспорт предприятийĕсенчи пуçламăш парторганизацисене çителĕксĕр ертсе пыраççĕ, государство планне тултарса пырассишĕн вĕсен ответлăхне хăпартмаççĕ, предприятисенче партилле-политикăлла тата агитаципе массăлла ĕçе Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ хушнă пек лайăхлатма çителĕклĕ пулăшмаççĕ.

КПСС Йĕпреç, Вăрнар, Калинино, Хĕрлĕ Чутай, Сĕнтĕр тата Етĕрне райкомĕсемпе райисполкомсем вырăнти промышленноçпа коопераци промышленноçĕн ĕçĕпе çителĕксĕр интересленеççĕ, çавна пула асăннă районсенчи нумай предприятисем производство планне тултармаççĕ.

КПСС обкомĕн бюровĕ республикăри канашлура тухса калакансем обком бюровĕн тата республика Министрĕсен Совечĕн промышленность, транспорт тата çыхăну предприятийĕсене, çавăн пекех строительство организацийĕсене ертсе пырас ĕçĕнчи çитменлĕхсене тĕрĕс кăтартса пачĕç, тесе шутлать.

КПСС обкомĕн бюровĕ çапла йышăнать:

1. Министерствăсене, ведомствăсене, промышленноçпа транспорт, çыхăну предприятийĕсенчи хуçалăхпа парти ĕçĕнчи руководительсене, КПСС XIX-мĕш съезчĕн директивисем тăрăх ĕçлесе, предприятисене ертсе пырассине татăклăн лайăхлатма хушас; производствăри резервсемпе пĕтĕмпех усă курмалла, кая юлса пынине пĕтерме кирлĕ ĕçсене тумалла, 1953 çулхи государство планне кашни предприяти хисепĕ енĕпе те, пахалăх енĕпе те тултарса çитермелле тăвас пулать.

2. Министерствăсен, ведомствăсен, предприятисен тата строительство организацийĕсен руководителĕсене промышленность, пурăнмалли çуртсемпе коммунальнăй тата культура учрежденийĕн çурчĕсен строительствин хăвăртлăхне ÿстерме, 1953 çулхи строительство планне тултармалла тума хушас. Стройкăсен руководителĕсен строительствăра техникăпа лайăхрах усă курасси, строительствăра индустрилле меслетпе анлăн усă курасси, строительствăпа монтаж ĕçĕсен хакне йÿнетесси тата пахалăхне лайăхлатасси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла.

Партин хула комитечĕсемпе райкомĕсене, стройкăсенчи парторганизацисене капитальнăй строительство мĕнле пынине тĕрĕслесе тăрассине вăйлатма, стройкăсенче 1953 çулхи государство планне тултарассишĕн социализмла ăмăрту анлăн сарса яма хушас.

3. «Чувашлес» трестпа вăрманпромхозсен руководителĕсене вăрман промышленноçĕ юлса пынине виççĕмĕш кварталта пĕтерме, 1953 çулта йывăç хатĕрлесе турттармалли государство планне тултарма, вăрман хатĕрленĕ тата турттарнă çĕрте механизмсемпе, çавăн пекех транспорт хатĕрĕсемпе пысăк тухăçлăхпа ĕçлемелле тума, ĕçе лайăхрах организацилеме, 1953—54 çулсенчи кĕркуннепе хĕллехи сезонта ĕçлеме йывăç касмалли кашни участока лайăх хатĕрлесе çитерме, вăрман хатĕрлекен рабочисене пурăнма тата ĕçлеме лайăх услови туса парасси çине уйрăмах тимлĕн пăхма хушас.

4. Республикăри чугун çул тата шыв çул транспорт организацийĕсен руководителĕсене, чугун çулăн Улатăрти отделенийĕн политотделне, чугун çулăн Канашпа Улатăр узелĕсен парткомĕсене, транспортри парторганизацисен секретарĕсене транспорта эксплуатацилемелли плана пур кăтартусем тăрăх та кашни уйăхра тултарса пымалла тума, çул хуçалăхне, локомотивсене, вагонсемпе суднăсене, сигнализацие тата çыхăну хатĕрĕсене питĕ лайăх пăхса усрама, ĕçре брак пулмалла мар тума, производствăпа ĕç дисциплинине çирĕплетме хушас.

5. Республика Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Çул-йĕрпе транспорт хуçалăхĕн управленине (Рунгш юлташа), районсенчи Советсен исполкомĕсемпе КПСС райкомĕсене, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕ 1953 çулхи майăн 16-мĕшĕнче йышăннă постановлени тăрăх, çулсем тумалли тата юсамалли государство планне срокчен тултарма кирлĕ ĕçсене тума хушас.

6. Çыхăну управленийĕн начальникне Дмитриев юлташа çыхăну аппарачĕн ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме, кирлĕ ĕçсем туса почта, телеграф тата радио ĕçне лайăхлатма, 1953 çулхи государство планне пур енĕпе те тултарса çитермелле тума хушас.

7. Предприятисен, министерствăсен тата ведомствăсен руководителĕсене çак ĕçсене тума хушас:

а) производство организацине лайăхлатмалла, плансăр ĕçленине, продукци пĕр тикĕс туса кăларманнине, ĕçри штурмовщинăна пĕтермелле, технологи дисциплинине çирĕппĕн пурнăçламалла, питĕ лайăх тата комплектлă продукци туса кăлармалла;

б) ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пыма чăрмантаракан сăлтавсене сирмелле, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли заданисене кашни участокра тата кашни предприятире тултарса çитермелле. Пуян техникăпа лайăхрах усă курмалла, производствăна çине тăрсах механизацилесе тата автоматизацилесе пымалла, рационализаципе изобретательствăна анлăрах сарса ямалла, наукăпа техникăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсене хăюллăн производствăна кĕртсе пымалла;

в) продукцин хăйне ларакан хакне чакармалли заданисене пĕрмаях пурнăçласа пымалла, хуçасăрлăха, пурлăха вырăнсăр салатса янине пĕтермелле, укçатенкĕ, материалсемпе топливо тата электроэнерги расходланă чухне тирпейлĕх режимне çирĕппĕн пурнăçласа пымалла;

г) предприятисемпе стройкăсенче пурăнмалли çуртсемпе йăла енĕпе условисене лайăхлатма кирлĕ ĕçсене тумалла. Хĕллехи вăхăтра ĕçлеме предприятисене вăхăтра хатĕрлесе çитермелле.

8. Министерствăсен, ведомствăсен, промышленноçпа транспорт предприятийĕсен, строительство организацийĕсен руководителĕсене, партин хула комитечĕсемпе райкомĕсене промышленноçпа транспорт тата çыхăну предприятийĕсенче, çавăн пекех стройкăсенче кадрсене суйласа илес, ĕçе вырнаçтарас тата воспитани парас тĕлĕшпе ĕçе лайăхлатма хушас; ĕçлеме пултарайман тата шанчăксăра тухнă работниксене пĕр вырăнтан тепĕр вырăна куçарса лартас сиенлĕ йăлана пĕтермелле; массăлла профессисен кадрĕсене хатĕрлес тата вĕсен квалификацине ÿстерес ĕçе лайăхлатма кирлĕ ĕçсене тумалла; кадрсене государство дисциплинине çирĕппĕн пурнăçласа пыма воспитани памалла.

9. КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсен тата промышленноçпа транспорт, çыхăну предприятийĕсенчи, строительство организацийĕсенчи пуçламăш парторганизацисен пысăк задачи партилле-политикăлла ĕçе вăйлатса, ĕççыннисене государство планне срокчен тултарма мобилизацилесси, хуçалăхпа политикăлла ĕçе тĕрĕс çыхăнтарса туса пырасси, çапла вара предприятисене лайăхрах ертсе пырасси, хуçалăх организацийĕсен ĕçне парти енчен тĕрĕслесе тăрассине вăйлатасси, предприятисенче ĕç дисциплинине çирĕплетесси пулать, тесе шутлас.

10. Парти, совет, профсоюз тата хуçалăх организацийĕсен руководителĕсене промышленноçпа транспорт, çыхăну предприятийĕсенче тата стройкăсенче 1953 çулхи государство планне срокчен тултарассишĕн социализмла ăмăрту анлăрах сарса яма, социализмла ăмăрту организацилес ĕçри формализма пĕтерме, производствăри малта пыракансемпе новаторсем пуçарнă паха ĕçсене пур енĕпе те пулăшма, малта пыракансен опытне çине тăрса сарма тата производствăна кĕртсе пыма хушас.

Профсоюзсен область совечĕн тата профсоюз обкомĕсен фабрикăсемпе заводсенчи профсоюз комитечĕсене тата вырăнти комитетсене лайăхрах ертсе пымалла, социализмла ăмăрту организацилес, культурăлла-массăлла ĕçсем туса пырас, предприятисенчи рабочисен пурăнмалли çуртсемпе йăла условийĕсене лайăхлатас ĕçре вĕсен рольне ÿстермелле.

11. ВЛКСМ обкомне промышленноçпа транспорт предприятийĕсенчи комсомол организацийĕсене ертсе пырассине, комсомолецсемпе çамрăксем 1953 çулхи плана срокчен тултарассишĕн социализмла ăмăртса ĕçлессине ертсе пырас ĕçе лайăхлатма хушас.

12. КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсене июнь уйăхĕнче пур предприятисемпе артельсенче те парти пухăвĕсем, çавăн пекех рабочисемпе служащисен пухăвĕсене иртерме, предприятисен ĕçĕсем çинчен тата илнĕ социализмла обязательствăсене мĕнле пурнăçласа пыни çинчен сÿтсе явма хушас,—çапла вара, критикăпа самокритика анлă сарăлнă никĕс çинче предприятисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене уçса палăртмалла тата 1953 çулхи плана пур енĕпе те тултарса çитерме татăклă ĕçсем тума палăртса хумалла.

13. Чăваш АССР Министрĕсен Советне Улатăрти коммунальнăй электростанци строительствине хăвăртлатасси тата Шупашкарти тир-саран комбиначĕн ĕçне лайăхлатасси çинчен пăхса тухма хушас.

14. Парти обкомĕн секретариатне пир-авăр комбиначĕн, уйрăмах çак комбинатăн пĕрремĕш черетпе тумалли объекчĕсен, строительствинчи пысăк çитменлĕхсене пĕтерме, строительство организацийĕсен ĕçĕсене лайăхлатма кирлĕ ĕçсене тума хушас; çак стройкăсем валли проектпа сметăсем туса хатĕрлессине хăвăртлатасси тата материально-техникăлла снабжение лайăхлатасси çинчен тивĕçлĕ министерствăсем умне ыйту лартмалла.

15. Республикăри хаçатсен редакцийĕсене промышленноçпа транспорт тата çыхăну предприятийĕсенчи, çавăн пекех тата строительство организацийĕсенчи 1953 çулхи плана тултарассишĕн социализмла ăмăрту мĕнле пынине анлăнрах çутатма хушас.

## СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерствин совхозĕсем çураки планне иртерсе тултарнă

СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерствин совхозĕсем çураки планне ăнăçлă тултарнă. Иртнĕ çулхипе танлаштарсан, тырпул нумайрах акнă. Удмурт АССР-ĕнчи, Омск, Чкалов, Крым облаçĕсенчи тата Казах ССР-ĕнчи совхозсем задание иртерсе тултарнă.

Тĕштырăсем, çавăн пекех выльăх апачĕ тумалли культурăсем лайăх шăтса тухнă. Совхозсем сахăр кăшманĕн речĕсен хушшисене кăпкалатса пĕтернĕ.

Сахăр кăшманĕ акса тăвакан совхозсем кăшман пухса кĕртмелли виçĕ ретлĕ комбайнсем 300 илеççĕ. Кăçал малтанхи хут пысăк лаптăксем çинчен кăшман пухса кĕртес ĕçе пĕтĕмпех механизацилеççĕ.

Кăнтăр енчи районсенчи совхозсем кураксене çулма тытăннă. (ТАСС).

### ОБЯЗАТЕЛЬСТВĂНА СРОКЧЕН ПУРНĂÇЛАНĂ

ГУБАХА (Молотов облаçĕ). «Сталинуголь» трестне кĕрекен Калинин ячĕпе тăракан шахта коллективĕ, Кузнецкри «Черная гора» шахтăра ĕçлекен горняксен пуçарăвне йышăнса, планран иртерсе 10 пин тонна çĕр кăмрăкĕ кăларма пулнă. Горняксем июнĕн 4-мĕшĕнче хăйсен обязательствине пурнăçланă.

Шахтерсен кунне тивĕçлипе кĕтсе илессишĕн горняксем хушшинче социализмла ăмăрту сарăлса пырать. Вĕсем горняксен уявĕ тĕлне планран иртерсе тата 3 пин тонна çĕр кăмрăкĕ кăларма пулнă.

## Пĕр кунта 32 кит тытнă

ВЛАДИВОСТОК, июнĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). «Алеут» флотилинче ĕçлекенсем кит тытмалли çуллахи сезона пысăк çитĕнÿсем тунипе пуçланă. Вĕсем ĕнер пĕр кун хушшинче 32 пысăк кит тытса эрнелĕх задание тултарнă.

Уйрăмах «Энтузиаст» ятлă судно экипажĕ пысăк çитĕнÿ тунă. Гарпунер Олибам 9 кит тытса, хăйĕн çур çулхи планне тултарнă. «Авангард» судно çинче ĕçлекен гарпунер Кобыльников юлташ та, унпа пĕр вăхăтрах, иккĕмĕш çур çулшучĕпе малтанхи кита тытнă.

## Институтри наукăлла конференци

МИЧУРИНСК (Тамбов облаçĕ). И. В. Мичурин ячĕпе тăракан улма-çырлапа пахча çимĕç институтĕнче наукăлла конференци пулса иртнĕ. Конференци ĕçне улма-çырла енĕпе ĕçлекен наукăпа тĕпчев институчĕн Центральнăй генетика лабораторийĕн сотрудникĕсем, агрономсем, колхоз производствинче малта пыракансем хутшăннă.

«Победа» колхоз бригадирĕ Белоусов юлташ арбуза калчаран лартса ÿстересси çинчен тунă доклад питĕ интереслă пулнă. Çак меслетпе колхозра темиçе çул хушши ĕнтĕ арбуз çитĕнтереççĕ. Кун пек лартнă арбуз 20—30 кун маларах пулса çитет тата пысăк тухăçлă пулать. Иртнĕ çул виçĕ гектăр çинчен кашни гектартан 200-шер центнер шултра та пылак арбузсем туса илнĕ.

(ТАСС).

# Коммунистсен партийӗ—совет халӑхӗн ҫул кӑтартса ертсе пыракан вӑйӗ*

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ пирӗн аслӑ халӑхӑн мӗнпур ҫӗнтерӗвӗсен хавхалантараканӗпе организаторӗ пулса тӑрать. В. И. Ленинпа И. В. Сталин пӑхса ӳстернӗ парти хӑй ӗҫлеме тытӑннӑ малтанхи кунсенчен пуҫласах, рабочи класӑн марксистла боевой партийӗ пулса, ӗҫҫыннисен интересӗсене хӳтӗлесе тӑнӑ. Вӑл хӑйӗн пӗтӗм ӗҫне халӑхшӑн туса пырать, ҫавӑншӑн ӑна массӑсем чӗререн юратаҫҫӗ, шанса тӑраҫҫӗ. Рабочи класс хушшинче, халӑх хушшинче мӗн лайӑххи, асли, паттӑрри пур, вӗсем пурте партире вӑй илсе тӑраҫҫӗ. Коммунистсен партийӗнче халӑх пирӗн саманари ӑса, чыса, совӗҫе курса тӑрать.

Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе пирӗн ҫӗршыври ӗҫҫыннисем помещиксемпе капиталистсен пусмӑрне пӗтерсе лартрӗҫ, совет влаҫӗ туса хучӗҫ, рабочисемпе хресченсен хӑватлӑ государствине туса хучӗҫ, тӗнчере пӗрремӗш социализмла государство турӗҫ, халӗ вӗсем социализмран майӗпен коммунизма куҫас ӗҫе ӑнаҫлӑн пурнӑҫлаҫҫӗ.

КПСС XIX-мӗш съезчӗн решенийӗсенче хуҫалӑхпа культура строительствин аннӑ программине палӑртса хунӑ, партин кучӑхнехи тӗп задачисене кӑтартса панӑ. Вӑл задачӑсем—социализмран майӗпен коммунизма куҫса пырса, коммунизмла общество тӑвасси, обществӑн пурлӑхпа культура шайне пӗрмаях хӑпартса пырасси, общество членӗсене интернационализм шухӑшӗ майлӑ тата мӗнпур ҫӗршывсенчи ӗҫҫыннисемпе тӑванла ҫыхӑнусем тытса пурӑнас шухӑш майлӑ вӗрентсе воспитани парасси, тӑшмансен, агрессилле ӗҫӗсенчен сыхланма Советлӑ Тӑван ҫӗршывӑн активлӑ оборонине пур майсемпе те тӗреклетсе пырасси пулать.

Совет ҫыннисем парти политикине чӗререн ырласа йышӑнаҫҫӗ, мӗншӗн тесен ҫав политика вӗсен пурнӑҫлӑ интересӗсене тивӗҫтерет, социализмла Тӑван ҫӗршывӑн вӑй-хӑватне малалла тӗреклетсе пыма май парать. Парти туса хатӗрленӗ тата коммунизмшӑн пыракан вуншар ҫулсем хушшинчи кӗрешӳре тӗрӗсленнӗ ҫак политикӑна халӑх интересӗсемшӗн ҫине тӑрса тата ҫирӗппӗн пурнӑҫа кӗртсе пыраҫҫӗ.

## I.

Коммунистсен партийӗ пӗр шухӑшлӑ ҫынсен-коммунистсен хӑйсен ирӗкӗпе пӗрлешнӗ боевой союзӗ пулса тӑрать. Вӗсем пӗрлӗхлӗ шухӑшпа, пӗрлӗхлӗ ирӗкпе, ӗҫпе пӗтӗҫсе тӑраҫҫӗ. Тӗнчери чи революцилле пролетариат—Россия пролетариачӗ хушшинчен ӳссе тухнӑ парти хӑйӗн речӗсенче рабочи класпа мӗнпур ӗҫҫыннисен малта пыракан чӑтӑмлӑ, ҫирӗп, активлӑ вӑйӗсене пӗрлештерсе тӑрать. Нумай вӑхӑта пынӑ революцилле кӗрешӳре Коммунистсен партийӗ ӳссе ҫитӗннӗ, туптанса пынӑ, мӗнпур халӑхӑн чӑнчӑн ҫулпуҫӗпе руководителӗ пулса тӑнӑ.

Пирӗн партин вӑйӗ, чи малтан, вӑл хӑйӗн пӗтӗм ӗҫӗнче малта пыракан революцилле теори ҫине таянса тӑнинче. Ҫак теори ӑна уҫӑ тӗллев тытма, ҫӗнтерӳ тума шанӑҫ парса тӑрать, кирек мӗнле лару-тӑрура та тӗрӗс ориентировка илме, историре ҫӗнӗ ҫулсем хывса пыма май парать. Марксистла-ленинла теори вӑл рабочи класӑн тӗп интересӗсене наука енӗпе палӑртса тӑни пулса тӑрать. Вӑл парти аллинче обществӑна революцилле майсемпе улӑштарса ҫӗнетессишӗн, коммунизмшӑн кӗрешес ӗҫре идейӑлла хӑватлӑ хӗҫпӑшал пулса тӑрать.

Марксистла-ленинла теори ҫине, экономикӑлла объективлӑ законсене тарӑннӑн пӗлни ҫине таянса, парти кашни историлле ҫӗнӗ тапхӑрта тӗрӗс, наука енӗпе ҫирӗп никӗс ҫинче тӑракан, обществӑн материальнӑй пурнӑҫ аталанӑвне кирлисене палӑртса тӑракан политика туса хатӗрлет.

Марксизм-ленинизм чӗрӗ, творчествӑлла наука, вӑл ҫӗнӗ опытпа, ҫӗнӗ пӗлӳсемпе вӗҫӗмсӗр пуянланса пырать. Теорипе практика пӗр-пӗрипе уйрӑлми таччӑн ҫыхӑнса тӑни—Коммунистсен партийӗн, творчествӑлла марксизм партийӗн хӑйне тивӗҫлӗ уйрӑмлӑхӗ пулса тӑрать. Пирӗн партин пӗтӗм историйӗ вӑл—ӗҫри марксизм-ленинизм пулса тӑрать.

Общество аталанӑвӗн историйӗнче хӑйсене хӑйсем социалистла парти текен партисем сахал пулман. Сӑмахпа вӗсем социализм идейисемшӗн тӑнӑ, ӗҫре вара рабочи класс интересӗсене буржуазие сутнӑ. Ҫавӑн пек партисем пулнӑ, сӑмахран, II-мӗш Интернационалӑн социал-демократла партийӗсем. Коммунистсен партийӗ кӑна марксизм-ленинизм вӗренӗвне таса тытса усрать, ӑна аталантарса пуянлатать, наукӑлла коммунизм теорине пурнӑҫа кӗртессишӗн пӗтӗм вӑйне хурса татӑклӑн кӗрешет. Унӑн ӗҫӗнче сӑмах нихҫан та ӗҫрен уйрӑлмасть.

Марксистла наука начетничествӑпа догматизма йышӑнмасть. Наукӑри формалистсем марксизмӑн вывочӗсемпе формулисене пӑхмасӑр калама вӗренсе ҫитсен тата вӗсене апла та капла та калама вӗренсе ҫитсен малта пыракан наукӑна вӗренсе ҫитни пулать, тесе шутлаҫҫӗ. Наукӑри ҫавнашкал формалистсем марксизмпа нимӗн чухлӗ те ҫыхӑнса тӑмаҫҫӗ. Марксизм общество пурнӑҫӗнчи явленисене конкретнӑ анализ тума, практика кӑларса тӑратакан ыйтусене татса панӑ чухне теори вывочӗсемпе пӗлсе усӑ курма хушать.

Революцилле теори, вӑл массӑсем хушшине сарӑлсан, материальнӑй хӑватлӑ вӑй пулса тӑрать. Наукӑлла социализма рабочи юхӑмӗпе пӗрлештернипе Коммунистсен партийӗ пирӗн ҫӗршыври ӗҫҫыннисене пӗтӗм тӗнчипе историллӗ ҫӗнтерӳсем патне илсе ҫитерчӗ. Октябрьти Социализмла Аслӑ революци ҫӗнтерни, пирӗн ҫӗршывра социализм туса хуни — ҫаксем вӗсем марксизм-ленинизмӑн идейисен ҫав тери пысӑк ҫӗнтерӗвӗ пулса тӑраҫҫӗ.

Коммунистсен партийӗн вӑйӗпе никама ҫӗнтерейменлӗхӗн ҫӑлкуҫӗ—вӑл халӑхпа уйрӑлми таччӑн ҫыхӑнса тӑнинче. Пирӗн партин нумай ҫулсем хушшинчи ӗҫӗ ҫакна уҫҫӑн кӑтартса парать: пирӗн парти ӗҫҫыннисен анлӑ массипе уйрӑлми таччӑн ҫыхӑнса тӑрать, вӑл массӑсене вӗрентме ҫеҫ мар тата массӑран вӗренме те пӗлет, вӗсене малалла илсе пыма пӗлет.

Совет Союзӗнчи халӑхсем ҫур ӗмӗр хушшинчи тапхӑрта Российӑра пулнӑ пысӑкрах партисене пурне те: помещиксен партине (черносотенецсем), капиталистсен партине (кадетсем), меньшевиксен партине (сылтӑм «социалистсем»), социал-революционерсен партине (кулаксене хӳтӗлекенсем), Коммунистсен партине (рабочи класс партийӗ) ӗҫре тӗрӗслесе пӑхрӗҫ. Революцилле кӗрешӳ пынӑ вӑхӑтра пирӗн ҫӗршыври халӑхсем буржуалла партисене пурне те хӑйсен ҫулӗ ҫинчен шӑлса ывӑтрӗҫ, вӗсем вырӑнне Коммунистсен партине суйласа илчӗҫ, мӗншӗн тесен вӑл помещиксемпе капиталистсене хирӗҫ пыракан пӗртен-пӗр парти, халӑх ӗҫӗшӗн тӑракан пӗртен-пӗр парти пулнӑ. Коммунистсен партине ӗҫҫыннисем хӑйсен тӑван партийӗ, хӑйсен тӗрӗсленнӗ руководителӗ тата воспитателӗ, тесе шутлаҫҫӗ.

Парти хӑйӗн пӗтӗм ӗҫӗнче марксистла ҫак положение асра тытса пырать: ӗҫҫынни массисем, ҫӗр ҫинчи мӗнпур материальнӑй ырлӑха тӑвакан ҫынсем обществӑн ӗҫе татса паракан пултарулла, пурне те тӑвакан вӑйӗ пулса тӑрать. Историе халӑх хӑй тӑвать. Обществӑлла аталану историйӗ вӑл—материальнӑй пурлӑх тӑвакан ҫынсен историйӗ, ӗҫҫыннисен историйӗ, халӑхсен историйӗ.

Партин тава тивӗҫлӗ ӗҫӗ ҫакӑнта пулса тӑрать: вӑл пирӗн ҫӗршыври нумай миллионлӑ ӗҫҫынни массисене ӑнланулла творчествӑлла ӗҫе ҫӗклерӗ, вӗсене эксплуататорсен пусмӑрне хирӗҫ пыракан кӗрешӳре, ҫӗнӗ, социализмла пурнӑҫ тӑвассишӗн пыракан кӗрешӳре организацилесе пӗтӗҫтерчӗ, политика енӗпе пиҫӗхтерсе ҫитерчӗ. Ӗҫҫынни массисем хӑйсем тӗллӗн историлле ӗҫсем тума пултараймаҫҫӗ тесе, эксплуататорла классен идеологӗсем нумай ӗмӗрсем хушши сарса пынӑ юрӑхсӑр шухӑша совет халӑхӗ туса ирттернӗ аслӑ ӗҫсем татӑклӑнах ҫӗмӗрсе тӑкрӗҫ. В. И. Ленин ҫакнашкал шухӑша тӑрлавсӑр, киревсӗр, ирсӗр, вырӑнсӑр, тесе шутланӑ. Ҫакнашкал шухӑша хирӗҫ пирӗн парти яланах хаяррӑн кӗрешсе пынӑ. Вӑл ӗҫҫыннисене хӑйсен вӑйӗсене шанса, ӗненсе тӑма воспитани парса ҫитӗнтерет, хӑйсен умӗнче тӑракан историлле аслӑ миссие кӑтартса парать.

Истори опычӗ ҫапла вӗрентет: ӗҫҫыннисен обществӑлла аталанури пурне те улӑштарса ҫӗнетекен пӗлтерӗшӗ хӑйӗн авангарчӗн — Коммунистсен партийӗн организациллӗхӗ, пӗтӗҫӳллӗхӗ, ӑнланулӑхӗ ӳснипе вӑйланать. Пирӗн ҫӗршыври халӑх историре яланах пысӑк вырӑн йышӑнса тӑнӑ. Анчах ӗҫҫыннисене марксистла-ленинла парти ертсе пыма тытӑнсан кӑна халӑх вӑйӗ нихҫанхинчен те ытла ӳсрӗ. Вӑл историлле пысӑк ӗҫсем турӗ. Ҫавӑнпа та ӑна тивӗҫлипех геройхалӑх, пултарулла халӑх, тесе мухтав кӳреҫҫӗ. Вӑл мӗнпур прогрессивнӑй этемлӗхӗн пуҫӗнче пырать.

Халӑх массисен, революцилле классен, партисен историри рольне наука енӗпе никӗслесе пани тӗрлӗ йышши субъективла идеалистсен шухӑшӗсене тӗпӗ-йӗрӗпех ҫапса хуҫрӗ. Вӗсен шучӗпе историе халӑх мар, уйрӑм ҫынсем тӑваҫҫӗ пулать. Марксизм-ленинизм ҫапла шутлать: уйрӑм паллӑ ҫынсем обществӑлла пурнӑҫра обществӑн малта пыракан класс интересӗсене тӗрӗс палӑртса тӑнипе кӑна пысӑк вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ. Революцилле кӗрешӳ пынӑ вӑхӑтра рабочи класпа унӑн партийӗ хӑйӗн учителӗсене, хӑйӗн ҫулпуҫӗсене палӑртса пырать.

Рабочи класӑн аслӑ ҫулпуҫӗсем Маркс, Энгельс, Ленин, Сталин историре халӑх масси тӗп вырӑн йышӑнса тӑнине палӑртнӑ, уйрӑм ҫынна мухтава кӑларассине татӑклӑн хирӗҫ тӑнӑ. К. Маркс хӑйӗн ҫырӑвӗсенчен пӗринче ҫапла кӑтартса панӑ: «...Уйрӑм ҫынсене мухтава кӑларма пӑхнине юратман пирки, Интернационал пурӑннӑ вӑхӑтра эпӗ нихҫан та манӑн тава тивӗҫлӗ ӗҫсене мухтаса ҫырнӑ тата тӗрлӗ ҫӗршывсенчен ҫырса мана йӑлӑхтарса ҫитернӗ нумай йышлӑ ҫырусем ҫинчен ыттисене пӗлтерме ирӗк паман, эпӗ уи пек ҫырусем пирки тата нихҫан та ответ паман, хутран-ситрен ятласа илме кӑна пултарнӑ» (К. Маркс тата Ф. Энгельс, Соч., XXVI том, 487 стр.).

В. И. Ленин народниксемпе эсерсем сараканн «геройсем» тата «ушкӑнсем» ҫинчен калакан наукӑна хирӗҫле теорие ҫӗмӗрсе тӑкмалла критикленӗ. Кам халӑха ӗненет, кам халӑхӑн ҫӑлкуҫӗ пек тапса тӑракан творчествӑлла вӑйне ӗненет, ҫав кӑна ҫӗнтерме тата влаҫа хӑйӗн аллинче тытса тӑма пултарать, тесе вӗрентнӗ вӑл.

Коммунистсен партийӗ истори ҫине субъективистла, народникла-эсерла пӑхнине хирӗҫ хаяррӑн пӗр пӑрӑнкаламасӑр кӗрешет. «ВКП(б) историйӗн кӗске курсне» кӑларнӑ май парти пропагандине йӗркелесе ярасси ҫинчен 1938 ҫулта йышӑннӑ решенире партин Центральнӑй Комитечӗ уйрӑм ҫынсен историри пӗлтерӗшӗ, ролӗ ҫине марксизма хирӗҫле пӑхни сиенлӗ ӗҫ пулать, тесе кӑтартса панӑ. Решенире ҫапла кӑтартса панӑ: парти историне уйрӑм ҫынсемпе вӗсен биографийӗсем ҫинчен каласа панӑ тӑрӑх мар, марксизм-ленинизмӑн тӗп идейисем ҫинчен каласа панӑ тӑрӑх вӗрентмелле. Анчах та массӑсен, классен, партисен ролӗ пирки, уйрӑм ҫынсен пӗлтерӗшӗ пирки парти сивленӗ тата марксизма хирӗҫле шухӑшсем мӗн юлашки вӑхӑтченех пропаганда ӗҫӗнче палӑрса пынӑ, ҫав шухӑшсене уйрӑм кӗнекесенче, журналсенче, хаҫатсен страницисенче ҫырнӑ пулнӑ.

Парти хӑйӗн кадрӗсене рабочи класшӑн, халӑхшӑн парӑнса ӗҫлеме, партипе унӑн аслӑ идейисене парӑнса ӗҫлеме вӗрентет. И. В. Сталин ҫапла кӑтартса панӑ: «Рабочи класа, унӑн партине, унӑн государствине парӑнса тӑрӑр. Ку кирлӗ тата лайӑх та. Анчах ӑна уйрӑм ҫынсене парӑнса тӑрассипе ан пӑтраштарӑр, ку вӑл нимӗне тӑман тата нимӗне кирлӗ мар интеллигентла пушӑ япала» (Соч., 13 стр.).

Марксизм-ленинизм идейисем тӑрӑх воспитани илсе ҫитӗннӗ совет ҫыннисем Коммунистсен партине чӗререн парӑнса тӑраҫҫӗ, ӑна хӗрӳллӗ юратаҫҫӗ, партипе унӑн Центральнӑй Комитечӗ аслӑн ертсе пынине ӗненсе тӑраҫҫӗ. Парти хӑйӗн Центральнӑй Комитетӗнче ӗҫлеме чи лайӑх, авторитетлӑ, опытлӑ работниксене уйӑрса ярать. Центральнӑй Комитетӑн пӗтӗм ӗҫӗ партин аслӑхӗ, унӑн коллективлӑ руководствин пысӑк опычӗ пулса тӑрать.

Истори ҫакна кӑтартса парать: хурҫӑ пек ҫирӗп те писӗхнӗ парти, рабочи класпа халӑх хушшинчи мӗнпур тӳрӗ шухӑшлӑ ҫынсем шанса тӑракан парти кӑна коммунизм ҫӗнтерӗвӗшӗн ӑнаҫлӑ кӗрешме пултарать. Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ шӑпах та ҫакӑн пек парти пулса тӑрать те ӗнтӗ.

## II.

Коммунистсен партийӗ хавхалантарса тата организацилесе пыракан совет халӑхӗ пӗтӗм тӗнчипе историллӗ вырӑн йышӑнса тӑракан социально-экономикӑлла аслӑ улшӑнусем туса ирттерчӗ.

Ӗмӗрсем хушшинче ӗҫҫыннисем эксплуататорсен пусмӑрне пӗтерес тесе, кӗрешӗве пӗр хут ҫеҫ мар ҫӗкленнӗ, анчах вӗсем кашнинчех поражени тӳснӗ. Пирӗн ҫӗршыври Коммунистсен партийӗ ертсе пыракан халӑхсем кӑна историре пирвайхи хут хӑйсен ҫурӑмӗсем ҫинчен помещиксемпе капиталистсен пусмӑрне сирпӗнтерсе антарма тата рабочисемпе хресченсен влаҫӗ туса хума пултарчӗҫ.

Ирӗке тухса хӑйӗн кун-ҫулне хӑйӗн аллине илнӗ халӑх ҫӗнӗ, социализмла общество стройӗ туса хучӗ. Ҫак стройра ҫынна ҫын эксплуатацилесе пурӑнассине, производство анархине, экономикӑлла кризиссене, ӗҫсӗрлӗхе пӗтернӗ. Пирӗн халӑх ҫӗнӗ государство стройӗ туса хучӗ. Ҫак строй ӗҫҫынни массисене государство тытӑмне активлӑн та анлӑн хутшӑнма май парать. Вӑл совет ҫӗршывӗнчи мӗнпур нацисене пӗрлӗхлӗ тӑванла ҫемьене пӗрлештерчӗ. Вӑл халӑх демократизмне, социализмла демократизма чӑннипех уҫҫӑн палӑртса тӑрать.

Совет Союзӗнче ҫирӗпленсе ҫитнӗ социализмла строй халӑхӑн творчествӑлла вӑйӗсене ҫӗклентерчӗ, производительнӑй вӑйсене аталанма, халӑх массин материальнӑй пурнӑҫӗпе культурӑлла шайне вӗҫӗмсӗр ӳстерсе пыма пысӑк майсем уҫса пачӗ.

Пирӗн ҫӗршыв, Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе, историлле кӗске срокра, экономикӑпа техника тӗлӗшӗнчен кая юлнине пӗтерчӗ, малалла гигантла пысӑк утӑм ярса пусрӗ, социализмла хӑватлӑ держава пулса тӑчӗ. Капитализм тӗнчинчи ватӑ ҫӗршыва — Англие, — промышленность аталанӑвӗнчи кучӗхнехи шая ҫитме икӗ ӗмӗре яхӑн хушши вӑхӑт кирлӗ пулнӑ. Совет ҫӗршывӗ, рабочи класӑн паттӑрлӑхне тата творчествӑлла активлӑхне пула, хӑйӗн вӑйӗпе, ют ҫӗршывсенчен кивҫен укҫа илмесӗр, халӑхсене ҫаратмасӑр тата пусмӑрламасӑр вунвиҫӗ ҫул хушшинчех ҫӗршыва индустриализацилесе ҫитерчӗ.

Капитализм буржуалла ҫӗршывсенче ялхуҫалӑхне пӗтӗмпех аркантарса, нумай миллионлӑ хресчен массисене юхӑнтарса ҫитерчӗ. Совет ҫӗршывӗнче, парти ертсе пынипе, кӗске вӑхӑт хушшинче хресченсен буржуалла пӗчӗк хуҫалӑхлӑ стройӗнчен социализмла, колхозла строя куҫса ҫитнӗ. Колхоз стройӗ ялхуҫалӑхӗнче производительнӑй вӑйсене тӑвӑллӑн аталанма ҫул уҫса пачӗ, ӗҫ хресченӗсене чухӑнлӑхран, кулаксен пусмӑрӗнчен хӑтарчӗ, пуян та культурӑлла пурнӑҫ туса пачӗ.

Партипе совет халӑхӗ тунӑ аслӑран та аслӑ ҫитӗнӳсенчен пӗри вӑл—культурӑлла революци пулса тӑрать. Ҫакна пула мӗнпур ӗҫҫыннисен культурӑлла шайӗ нихҫанхинчен те ытла ӳсрӗ. Нумай йышлӑ халӑх интеллигенцийӗ туса хунӑ.

Аслӑ улшӑнусем туса ирттернипе пирӗн ҫӗршыв социализмӑн никам ҫӗмӗрейми тӗрекӗ пулса тӑчӗ. Отечественнӑй вӑрҫӑ ҫулӗсенче совет халӑхӗ, Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе, империалистла агрессорсене ҫӗмӗрсе тӑкрӗ, Тӑван ҫӗршывӑн ирӗклӗхӗпе никама пӑхӑнманлӑхне хӳтӗлесе хӑварчӗ, Европа тата Ази халӑхӗсене фашизм пусмӑрӗнчен хӑтарса хӑварчӗ. Коммунистсен партийӗ вӑрҫӑ пынӑ йывӑр кунсенче халӑх массисемпе тата ытларах тӑванланчӗ.

Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче совет халӑхӗ, Коммунистсен партийӗ туса хатӗрленӗ плансене пурнӑҫласа, хуҫалӑха хӑвӑрт юсаса ҫитерчӗ, экономикӑпа культура аталанӑвӗнче ҫӗнӗрен хӑватлӑ ҫитӗнӳсем турӗ, коммунизм строительствине анлӑн сарса ячӗ.

Коммунизм строительствинчи практикӑлла ӗҫре вӑл КПСС XIX-мӗш съезчӗн решенийӗсене тӗп вырӑна хурса кӗрешет.

Социализмран коммунизма куҫмалли ҫулсем ҫинчен тӑракан ыйтӑва татса парас ӗҫре И. В. Сталинӑн «СССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем» ятлӑ ӗҫӗ идейӑлла хӗҫпӑшал пулса тӑрать.

Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем каланӑ сӑмахсенче пирӗн парти политикине тӗплӗн кӑтартса панӑ. Ҫав политикӑн тӗп тӗллевӗ ҫакӑн пек: Совет ҫӗршывӗнче коммунизм строительствине тата та ӑнаҫлӑрах аталантарса пыма кирлӗ мӗнпур майсене туса хурасси, ӗҫҫыннисен ырлӑхӗшӗн, пирӗн Тӑван ҫӗршывӑн хӑрушсӑрлӑхӗшӗн яланах ҫине тӑрса тӑрӑшасси, хамӑрӑн социализмла государствӑна малалла тӗреклетсе пырасси, пӗтӗмӗшле мире сыхласа тӑрас тата ӑна тӗреклетес ӗҫе малашне те тимлӗн туса пырасси пулать. Совет ҫыннин ырлӑхӗшӗн, халӑх пурнӑҫне лайӑхлатса пырассишӗн тӑрӑшасси — пирӗн партин аслӑ законӗ!

Обществӑн пӗрмаях ӳссе пыракан материальнӑй тата культурӑлла ыйтӑвӗсене чи туллин тивӗҫтерме социализмла производствӑна ҫӳлте тӑракан техника никӗсӗ ҫинче вӗҫӗмсӗр ӳстерсе тата лайӑхлатса пыни кирлӗ. Парти ҫакӑн пек задача кӑларса тӑратрӗ: промышленноҫӑн мӗнпур отраслӗсене, чи малтан — металлурги, машиностроени, ҫӗр кӑмрӑк, нефть, хими промышленноҫӗсене малашне те хӑвӑртӑн ӳстерсе пымалла, электроэнерги туса кӑларассине вӑйлатмалла. Парти массӑсен творчествӑлла пуҫарулӑхне ӗҫ тухӑҫлӑхне вӗҫӗмсӗр ӳстерсе пыма, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетме, унӑн пахалӑхне лайӑхлатма, резервсемпе туллин усӑ курма мобилизацилет.

Массӑсен ӗҫри хастарлӑхне ертсе пырса, парти пӗтӗм халӑх хушшине сарӑлнӑ социализмла ӑмӑртӑва пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх плана тултарас тата ирттерсе тултарас ҫулпа илсе пырать. Совет ҫыннисем пилӗкҫуллӑх вӗҫленнӗ тӗле промышленность продукцийӗ туса кӑларассине 1940 ҫулхипе танлаштарсан виҫӗ хут ӳстерессишӗн кӗрешеҫҫӗ. Капитальнӑй строительство ӗҫне укҫа-тенкӗ нумай параҫҫӗ, производствӑн мӗнпур резервисене мобилизацилеҫҫӗ. Промышленноҫра чи кирлӗ продукцисем туса кӑларасси ҫакӑн чухлӗ ӳсмелле: чугун—76 процент, хурҫӑ—62 процент, прокат—64 процент, ҫӗр кӑмрӑкӗ—43 процент, нефть—85 процент, электроэнерги—80 процент.

Парти ялхуҫалӑхне малашне те вӑйлӑн ӳстерсе пырасси ҫине, колхоз стройне пур майсемпе те тӗреклетсе пырасси ҫине тимлӗн пӑхать, вӑл ҫӗршыври колхозсене пурне те чечеклентерме тӑрӑшать. Колхоз стройӗн малалла тӗрекленсе тата ҫирӗпленсе пыма пысӑк майсем пур. Ҫак майсемпе туллин тата пӗтӗмӗшпех усӑ курни ялхуҫалӑхӗнчи производительнӑй вӑйсене ҫӗнӗ хӑватпа ҫӗклентерме, кӗске срокрах халӑх валли апат-ҫимӗҫ, промышленность валли чӗртавар ытлашшипех туса хума май парать.

Парти социализмла ҫӗрӗҫ ӗҫченӗсене мӗнпур ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫне ӳстерме, обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх йышӗпе унӑн тухӑҫне ӳстерме организацилет. Пилӗк ҫул хушшинче тырпул тухӑҫне 40—50 процент, выльӑх-чӗрлӗх продукцине: аш тата сало — 80—90 процент, сӗт — 45—50 процент, ҫӑм— икӗ-икӗ хут ҫурӑ яхӑн ӳстерме палӑртнӑ.

Ҫак задачӑсене колхозсене организацилесе хуҫалӑх тӗлӗшӗнчен малалла тӗреклетсе пынипе, обществӑлла производствӑна вӗҫӗмсӗр ӳстерсе пынипе, ялхуҫалӑхне техникӑпа вӑйлӑн хӗҫпӑшаллантарнипе татса пама пулать.

Совет государстви ялхуҫалӑхне аталантарма укҫа-тенкӗ ытларах та ытларах парать. Ялхуҫалӑх производствине механизацилес, агротехникӑн ҫӗнӗ ҫитӗнӗвӗсемпе усӑ курнӑ тӑрӑх тӑпра тухӑҫлӑхне ӳстерес тӗлӗшпе пысӑк ӗҫсем тӑваҫҫӗ. Ялхуҫалӑх производствине, уйрӑмах, ҫӗршывӑн вӑтаҫӗрти тата халӑх йышлӑн пурӑнакан облаҫсенчи ялхуҫалӑх производствине вӑйлатас тӗлӗшпе те пысӑк ӗҫсем туса ирттереҫҫӗ. Ҫак облаҫсенчи ялхуҫалӑхне вӑйлатма укҫа-тенкӗ ытларах пани кӗске вӑхӑтрах экономика тӗлӗшпе лайӑхрах результатсем пама пултарать.

Производительнӑй вӑйсене вӗҫӗмсӗр ӳстернипе, социализмла хуҫалӑхри мӗнпур майсемпе тата ресурссемпе усӑ курнипе партипе правительство халӑха куллен кирлӗ таварсем туса кӑларассине чылай ӳстерме, апат-ҫимӗҫ ҫителӗклӗ туса кӑларма тӑрӑшаҫҫӗ, ҫурт-йӗр строительствине тӑтӑшах вӑйлатса пыраҫҫӗ, апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсен хакне пӗрмай йӳнетсе пыраҫҫӗ. Социализмла производствӑна пур майсемпе те ӳстернипе пула Совет Союзӗнче наци тупӑшӗ пилӗк ҫул хушшинче 60 процентран кая мар ӳсет. Ҫакна май рабочисемпе служащисен реальнӑй ӗҫукҫи 35 процентран кая мар, колхозниксен тупӑшӗ 40 процентран кая мар ӳсет.

Коммунизмшӑн кӗрешес ӗҫре обществӑн культурӑлла шайӗ ӳсни пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать. Ҫӗнӗ пилӗкҫуллӑхра культура строительстви енӗпе чылай пысӑк ӗҫсем туса ирттерме палӑртнӑ. Пилӗкҫуллӑх вӗҫленнӗ тӗле республикӑсен столицисенче, республикӑсене пӑхӑнса тӑракан хуласенче, область, край центрӗсенче тата промышленноҫлӑ пысӑк центрсенче ҫичӗ ҫул вӗрентес ӗҫрен пурне те вӑтам пӗлӳ парас (вунӑ ҫул вӗрентес) ӗҫе куҫассине пурнӑҫа кӗртсе ҫитерме палӑртнӑ. Ҫитес пилӗкҫуллӑхра ытти хуласенче тата ялӑ вырӑнсенче пур ҫӗрте те вӑтам пӗлӳ памалла тума (вунӑ ҫул вӗрентме) кирлӗ условисем хатӗрлеҫҫӗ. Аслӑ шкулсенче вӗрентесси ытларах та ытларах вӑйланса пырать.

Совет ҫӗршывӗнче наукӑна пур енӗпе те аталантарса пыма мӗн кирлине пурне те тунӑ. Наука пӗлтерӗшӗ пирӗн общество пурнӑҫӗнче пӗрмай ӳссе пырать. Совет культурин уйрӑлми пайӗ пулса тӑракан литературӑпа искусствӑна вӑйлатма та пысӑк майсем туса панӑ. Пирӗн нумай нацилле ҫӗршывра ҫӗнӗ культура—форма тӗлӗшӗнчен нацилле, содержани тӗлӗшӗнчен социализмла культура аталанса пырать.

Коммунистсен партийӗн шалти политикин никӗсӗ вӑл—рабочи класпа колхоз хресченӗсен ҫирӗп союзӗ, пирӗн ҫӗршыври халӑхсем хушшинчи тӑванла туслӑх, вӗсем пӗр-пӗрипе килӗштерсе ӗҫлени пулса тӑрать.

Парти халӑхсен пӗрлӗхӗпе туслӑхне куҫ шӑрҫине сыхланӑ пек сыхласа тӑрать, мӗншӗн тесен, халӑхсен туслӑхӗ ҫирӗп пулнӑ чухне пирӗншӗн нимӗнле тӑшман та хӑрушӑ мар. Парти пур йышши национализмпа космополитизма хирӗҫ, ленинла-сталинла наци политикине пӑснине хирӗҫ хаяррӑн кӗрешет, хамӑр ҫӗршыври ӗҫҫыннисене халӑхсен туслӑх идеологийӗ майлӑ, пролетарилле интернационализм тата советла патриотизм шухӑшӗ майлӑ воспитани парать. Совет ҫӗршывӗнчи халӑхсен пӗрлӗхӗпе туслӑхне пӑсма е вӑйсӑрлатма никама та ирӗк парас ҫук.

Коммунизм тӑвассишӗн кӗрешмелли тӗп хӗҫпӑшал вӑл—Совет государстви пулса тӑрать. Парти Совет государствине вӑйлатма, социализмла демократизм принципӗсене пурнӑҫлама, социализмла законлӑхпа право йӗркисене тӗреклетме, государство аппаратне ҫӗнетсе лайӑхлатма ывӑнма пӗлмесӗр тӑрӑшать. Юлашки вӑхӑтра государствӑн центральнӑй аппаратне ҫӗнӗлле йӗркелени аппарат ӗҫне лайӑхлатма, ӑна массӑсем патне ҫывхартма, хуҫалӑхпа культура строительствине конкретлӑ, оперативлӑ, квалификациллӗ ертсе пыма май парать.

Совет государстви мире сыхласа тӑрас тата тӗреклетес, вӑрҫӑ хатӗрленине тата вӑрҫӑ чӗртсе яма хӑтланнине хирӗҫ кӗрешес, мӗнпур ҫӗршывсемпе ӗҫлӗхлӗ ҫыхӑну тытас политикӑна пурнӑҫласа пырать. Пӗр-пӗрне хирӗҫле системӑсем пӗр-пӗрипе мирлӗ пурӑнма пултарасси ҫинчен Ленинпа Сталин вӗрентнӗ тӑрӑх, Совет правительстви ҫапла шутлать: тӗнчери лару-тӑрура интересленекен ҫӗршывсем пӗр-пӗрипе калаҫса татӑлнӑ тӑрӑх мирлӗ йӗркепе татса пама май килмен е татса пама пултарайман ыйтусем ҫук.

Совет государствин тулашри мирлӗ политики совет халӑхӗн интересӗсене ҫеҫ мар, ытти мӗнпур халӑхсен интересӗсене те тивӗҫтерет. Ҫак политикӑна мӗнпур ҫӗршывсенчи ӗҫҫыннисем хапӑл туса йышӑнаҫҫӗ. Ҫӗнӗ вӑрҫӑ хӑрушлӑхне хирӗҫ, миршӗн, демократишӗн, социализмшӑн кӗрешес ӗҫре пур халӑхсем те СССР ҫине пӑхаҫҫӗ, ӑна хӑйсен тӗрекӗпе шанӑҫӗ тесе шутлаҫҫӗ.

Халӑхсем кӗрешсе илнӗ пысӑк тивлете — мир, демократи, социализм лагерьне сыхласа тӑрас тата тӗреклетес, совет халӑхӗпе ытти ҫӗршывсенчи ӗҫҫыннисем хушшинчи туслӑ ҫыхӑнусене, аслӑ Китай халӑхӗпе, мӗнпур халӑх демократи ҫӗршывӗсенчи ӗҫҫыннисемпе тытакан ӗмӗре пымалли ҫирӗп туслӑха ывӑнма пӗлмесӗр тӗреклетес ӗҫе парти хӑйӗн тивӗҫӗ, тесе шутлать.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ коммунизмшӑн кӗрешсе тунӑ ҫитӗнӳсемпе тӗнчери ирӗклӗх юхӑмӗн Ударнӑй бригади ятне илтме тивӗҫлӗ пулчӗ.

## III.

Коммунизм вӑл парти хавхалантарса тата организацилесе пыракан халӑх массисен ӑнланулла творчествин результачӗ пулса ҫуралса тухать. Аслӑ тӗллевшӗн—коммунизм ҫӗнтерӗвӗшӗн пирӗн парти совет халӑхӗн хӑватлӑ творчествӑлла вӑйӗсене ҫӗклентерсе, аталантарса пырать.

«Историллӗ ӗҫсен анлӑшӗ мӗн чухлӗ пысӑкрах, мӗн чухлӗ вӑйлӑрах, — тесе кӑтартса панӑ Ленин,—ҫак ӗҫе хутшӑнакан ҫынсен йышӗ ҫавӑн чухлӗ пысӑкрах тата тепӗр майлӑ та: эпир туса ирттерес текен ӗҫсем мӗн чухлӗ тарӑнрах, ҫав ӗҫсемпе ҫавӑн чухлӗ ытларах интереслентермелле, ун ҫине ӑнланулла пӑхтармалла, ҫакна тума кирлине ҫӗнӗ те ҫӗнӗ миллион, вуншар миллион ҫынсене ӗнентермелле» (Соч., 31 т., 467 стр.).

Коммунизм строительствин условийӗсенче парти организацилле тата политикӑлла руководство шайне ҫӳлерех те ҫӳлерех ҫӗклесе пырать, хӑйӗн речӗсен кӗрешӳ пултарулӑхӗпе пӗрлӗхне вӑйлатса пырать.

Парти вӑйлӑ та хӑватлӑ пулмалли тӗп услови вӑл—парти речӗсем хурҫӑ пек ҫирӗп те пӗтӗҫӳллӗ пулни. Ҫав пӗрлӗхе пирӗн парти ленинизмӑн мӗнпур тӑшманӗсене — меньшевиксене, троцкистсене, бухаринецсене, буржуалла националистсене хирӗҫ пынӑ хаяр кӗрешӳсенче туптаса тӗреклетнӗ. Парти хӑйӗн речӗсен пӗрлӗхне куҫ шӑрҫине сыхланӑ пек сыхлать, халӑхпа тытакан ҫыхӑнӑва тата ытларах тӗреклетет.

Пирӗн партипе государство руководствин вӑйӗ—коллективлӑхра, пӗтӗҫӳллӗхре, ҫирӗплӗхре. Парти ҫапла шутлать: ҫак аслӑ принципа ҫирӗппӗн тытса пыни ҫӗршыва тӗрӗс ертсе пыма май парать.

Коммунизм строительствин задачисене ӑнаҫлӑрах татса памалла тӑвас тӗллевпе парти организацилле тата идейӑлла-политикӑлла ӗҫсен мӗнпур формисемпе усӑ курать, ӗҫҫыннисен мӗнпур массӑлла организацийӗсем — Советсем, профсоюзсем, комсомол тата ытти организацийӗсем хӑйсен ӗҫне тата ытларах вӑйлӑлатчӑр, коммунизм ҫӗнтерӗвӗшӗн кӗрешес ӗҫе ӗҫҫыннисене анлӑрах хутшӑнтарччӑр, тесе куллен тӑрӑшать.

Коммунистсен партийӗ — новаторсемпе обществӑна улӑштарса ҫӗнетекенсен партийӗ пулса — мӗнпур ҫӗннисене, малта пыраканнисене хавхалантарса тӑрать, кая юлнине хирӗҫ татӑклӑн кӗрешет. Ку ӗҫре вӑл хӑватлӑ хӗҫпӑшал пулса тӑракан критикӑпа тата самокритикӑпа анлӑн усӑ курать. Критика тата самокритика кадрсене воспитани памалли коммунистла меслет пулса тӑрать. Вӑл парти аллинче ялан ӗҫлесе тӑракан хӑватлӑ хӗҫпӑшал. Вӑл партин пӗтӗм пурнӑҫӗпе, унӑн революцилле шухӑшӗпе уйрӑлми ҫыхӑнса тӑрать.

Критикӑпа самокритика ҫитменлӗхсене палӑртма, ӗҫри ҫитӗнӳсемпе вырӑнсӑр мӑнкӑмӑлланса ларас шухӑшсене хирӗҫ кӗрешме пулӑшать. Пирӗн партин вӑйӗ—вӑл критикӑран хӑраманнинче. Хӑйӗн ҫитменлӗхӗсене критикленинчен вӑл малалла кайма вӑй илсе тӑрать.

Хӑйӗн речӗсен кӗрешӳ пултарулӑхне ӳстерме тата совет обществин пурнӑҫӗнче хӑйӗн ертсе пыракан рольне вӑйлатма парти пур майсемпе те партин шалти демократине аталантарса пырать, партипе государство дисциплинине тӗреклетет, кадрсене тӗрӗс суйласа илет, хушнӑ ӗҫе пурнӑҫланине тӗрӗслет, идеологилле ӗҫе вӑйлатса пырать.

Парти идеологилле ӗҫе хакламаннине сиенлӗ ӗҫ, тесе шутлать, ку ӗҫе партипе государствӑн мӗнпур сыпӑкӗсенче вӑйлатма, марксизма хирӗҫле идеологи палӑрӑмӗсене ывӑнма пӗлмесӗр тӑрӑ шыв ҫине кӑларса пыма хушать. Социализмла культурӑна аталантарса, лайӑхлатса пымалла. Идейӑлла-политикӑлла ӗҫӗн мӗнпур майӗсем — пропаганда, агитаци, пичет — коммунистсене идеологи тӗлӗшӗнчен хатӗрленессине вӑйлатма, рабочисен, хресченсен, интеллигенцин политикӑлла сыхӑлӑхӗпе ӑнланулӑхне ӳстерме пулӑшмалла. Партин идеологилле ӗҫӗ ҫынсен ӑс-тӑнӗнчи капитализм юлашкисене пӗтерме, ӗҫҫыннисене государство интересӗсемшӗн тӑрӑшма, шалти тата тулашри тӑшмансене хирӗҫ кӗрешес ӗҫре ҫирӗп пулма, пирӗн ӗҫ ҫӗнтересҫине шанса тӑма воспитани парать.

Ҫӗнӗ задачӑсене шута илсе, парти хӑйӗн ӗҫӗнче организацилле формӑсене лайӑхлатать. Ҫакӑ вӑл XIX-мӗш съезд йышӑннӑ парти Уставӗнче палӑрса тӑрать. Парти Уставӗн тӗллевӗ вӑл—парти речӗсен кӗрешӳ пултарулӑхне вӑйлатасси, парти дисциплинине тӗреклетесси, коммунистсен пуҫарулӑхне анлӑн сарса ярасси пулать.

Хӑйӗн историллӗ задачисене татса пама партин политикӑлла тата организацилле руководствӑн ӑсталӑхне вӗренсе ҫитнӗ нумай йышлӑ кадрсем пур. Вӗсем марксизм-ленинизма вӗренсе воспитани илнӗ, халӑхпа таччӑн ҫыхӑнса тӑраҫҫӗ, халӑхӑн творчествӑлла аслӑ ӗҫне ертсе пыма пултараҫҫӗ.

Парти хӑйӗн речӗсем пӗрлӗхлӗ пулнипе, массӑсемпе уйрӑлми таччӑн ҫыхӑнса тӑнипе вӑйлӑ. Вӑл совет халӑхне шанчӑклӑн коммунизм ҫулӗпе ертсе пырать. Пирӗн халӑх хӑйӗн тӑван партийӗ пулса тӑракан Коммунистсен партине, Совет правительствине чӗререн шанса тӑрать. Вӑл социализмла Тӑван ҫӗршыва малалла чечеклентерессишӗн паттӑррӑн кӗрешет.

(«ПРАВДА» хаҫат, июнӗн 10-мӗшӗ).

---

*) Парти вӗренӗвӗсенчи политкурсемпе кружоксенче «Коммунистсен партийӗ—совет халӑхӗн ҫул кӑтартса тата ертсе пыракан вӑйӗ» ятлӑ тема тӑрӑх юлашки занятие ирттерес ӗҫре пропагандистсене пулӑшма.

# Тырпулсене пухса кĕртме тĕплĕн хатĕрленер!

Ялкорсен рейдĕ

## Каракăлăра хатĕрленмеççĕ

Каракăлăри Крупская ячĕпе тăракан колхоз (Канаш районĕ) правленинче пĕр çын кăна ĕçлесе ларать. Вăл—учетчик. Ытти кабинетсен алăкĕсем çăрапа питĕрĕнсе тăраççĕ.

— Председателе курма пулать-ши? — ыйтрăмăр эпир.

— Александр Тихоновича-и?.. — ĕçлеме чарăнсах пирĕн çине тинкерсе пăхрĕ учетчик.—Пĕлместĕп. Тепре чухне вăл килет, хăш чухне кунĕпех курма çук ăна...

Колхоз счетоводне чĕнтертĕмĕр. Вăл ĕç вăхăтĕнче ял Совет канцелярийĕнче шашкăлла выляса ларнă.

— Ай-я-ай! Мĕн сăмахлатăр эсир? — терĕ вăл.—Халех тырă вырма тухмалла мар вĕт! Ярмаркăсем те тин тапранаççĕ. Асра çук япалана шухăшласа кăларатăр...

Каракăлăсем уй-хирти тырпулсене пуçтарса кĕме хатĕрленес ĕçе «асра та çук» теççĕ-ха. Колхозăн кăçал пĕтĕмпе 649 гектар çинчен тырпул пуçтарса кĕмелле. Тырăсем лайăх ÿсеççĕ. Вĕсене кĕске вăхăтра тата пĕр тăккаламасăр пухса кĕртес тесен, халех тĕплĕн хатĕрленес пулать. Крупская ячĕпе тăракан колхоз руководителĕсене вара çакă кăшт та хумхантармасть.

Канашри МТС колхоза 130 гектар çинчи тырпула комбайнпа пуçтарса парать. Ыттине колхозăн хăйĕн вăйĕпе пуçтарса кĕмелле. Ĕçе ăнăçлă тума ялхуçалăх машинисемпе анлăн усă курас пулать.

Анчах ку колхозра ялхуçалăх машинисене сыхласа усрас ĕç çине ытла та сÿрĕккĕн пăхаççĕ. Шыв вăйĕпе ĕçлекен молотилка вырнаçтарса лартнă итем çине пытăмăр. Итем çинче темĕн чухлĕ арпа-улăм сапаланса выртать. Шыв кÿленчĕкĕ ăшĕнче ларакан молотилка юсавсăр, унта иртнĕ çулхи тырăран тăкăннă калча шăтнă. Молотилка пайĕсем тĕрлĕ çĕрте сапаланса выртаççĕ.

Иккĕмĕш итем çинче те ялхуçалăх машинисем тĕрлĕ çĕрте сапаланса выртаççĕ. Кунти пилĕк сортировкăран пĕри те юсавлă мар. Вĕсем тутăхса пĕтнĕ, пайĕсем çухалнă, арпа-улăмпа тулса ларнă. Хĕллехи вăхăтра арпа-улăма тирпейсĕр тытнă пирки, кунта темĕн чухлĕ улăм сапаланса выртать.

Машинăсене юсамалла. Анчах колхоз тимĕрçине А. Плеханов юлташа ĕçлеме услови туса паман. Чылай вăхăт хушши кăмрăк вырăнне юман турпасĕ çунтараççĕ. Урапа шиналамалли станок çук пирки арман чулĕпе усă кураççĕ.

Колхозра пурĕ (хут çинче) 92 урапа шутланать. Анчах вĕсенчен кÿлсе çÿремеллисем çурри кăна. Ыттисен е хупĕсем çук, е тĕнĕл пуçĕсем çурăлса пĕтнĕ. Вĕсене юсама шутламаççĕ.

Урамра хулпуççи çине хăмăт çакса килрен-киле кĕрсе тухакан, пĕр колхознике тĕл пултăмăр.

— Мĕн шыратăн эсĕ?—ыйтрăмăр унтан.

— Мана паян бригадир хире тислĕк турттарма хушрĕ. Анчах урапа нистан тупса кÿлейместĕп-ха,—терĕ те вăл, каллех тепĕр киле кĕчĕ.

Колхозра çĕрулмипе тымарçимĕçсем хумалли подвалсене тасатса йĕркене кĕртесси çинчен шутламаççĕ те. Тырă хумалли складсемпе амбарсем чылайăшĕ япăхнă. Вĕсене юсаса тасатасси тата дезинфекцилесси çинчен аса илекен çук.

Районти ертсе пыракан органсен Каракăлăри Крупская ячĕпе тăракан колхозри ĕçсене йĕркелесе ярас тĕлĕшпе халех кирлĕ ĕçсем тумалла.

«Коммунизм ялавĕ» хаçат бригади:
**И. КУЗЬМИН,**
**С. АСЛАН.**

## Кашни киле—хаçат-журнал

ÇĔМĔРЛЕ. Çак кунсенче районти çыхăну работникĕсемпе колхозсенчи почтальонсен тата хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе ĕçлекен уполномоченнăйсен пухăвĕ пулса иртрĕ. Пухура хаçат-журнал сарас ыйтăва сÿтсе яврĕç.

Районта колхозниксемпе колхозницăсем тата рабочисемпе служащисем хушшинче хаçат-журнал сарас ĕçе политикăлла пысăк ĕç вырăнне хурса туса пыраççĕ. Çавна пула хаçат-журнал çырăнса илекенсен хисепĕ çултан-çул ÿссе пырать. 1949 çулта районти подписчиксем куллен 3.907 экземпляр хаçат, кашни уйăхра 979 экземпляр журнал илсе тăнă пулсан, кăçал вара 9.000 экземпляр ытла хаçат тата 5.517 экземпляр журнал çырăнса илнĕ.

Хаçат-журнал сарас ĕç «Чăвашвăрман» трестĕн вăрманпромхозĕнче, сĕтел-пукан комбинатĕнче, «Большевик» заводра лайăх пулса пырать. Унта кашни рабочипе служащи хаçат-журнал çырăнса илнĕ.

Хаçат-журнал сарас ĕçе эпир татах та лайăхлатма тăрăшатпăр. Ку тĕлĕшпе районта çыхăну работникĕсем пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлеççĕ. Кăçалхи иккĕмĕш çур çулта çĕнĕрен тата 3.000 подписчик тупассишĕн тăрăшатпăр.

«Красный Октябрь» колхоз почтальонĕ Г. Никитин юлташ 11 çул хушши письмоносец пулса ĕçлет. Вăл хăйĕн ĕçне юратса тăвать. Хаçат-журналсене подписчиксене вăхăтра пырса парать. Юлашки вăхăтра хăшпĕрисен хаçат-журнал илме çырăннă срокĕ тухрĕ. Никитин юлташ подписка срокĕ тухнă колхозниксемпе калаçу ирттерчĕ. Вĕсене малашне те хаçат-журнал илсе тăма çырăнтарчĕ. Халĕ вăл ĕçлекен участокра кашни çемьене хаçат-журнал пырса тăрать. Никитин юлташ кĕнекесем сутмалли задание те уйăхран уйăха ирттерсе тултарать.

Çавăн пекех Палан поселокĕнчи 7-мĕш участокра почтальон пулса ĕçлекен Мария Тюкаева ĕççыннисем хушшинче хаçат-журнал сарас ĕçе ăнăçлăн пурнăçласа пырать. Çак кунсенче вăл çĕнĕрен вунпилĕк тупса 2.000 тенкĕлĕх хаçат-журнал çырăнтарчĕ.

Çĕмĕрле районĕнчи çыхăну работникĕсемпе колхозсенчи почтальонсем тата хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе ĕçлекен уполномоченнăйсем районта кашни киле хаçат-журнал пырса тăмалла тăвассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлеççĕ.

**А. ЗАЙЦЕВ.**

*Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхри стахановецсем*

## Пуçаруллă рационализатор

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: мастер помощникĕсем И. Михайлов (сулахайри) тата В. Крылов юлташсем чĕн хупăлчине çĕнетсе тăвасси çинчен сÿтсе яваççĕ.

П. ЕФРЕМОВ фотоÿкерчĕкĕ.

Трепальнăй цехри мастер помощникне Илья Михайлович Михайлов коммуниста Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнче пурте пĕлеççĕ. Ăна работницăсем хисеплеççĕ, унтан ĕçлеме вĕренеççĕ. Вăл—лайăх рационализатор. И. Михайлов юлташ станоксене лайăхлатма, вĕсен хăватне ÿстерме май паракан икĕ рационализаторла сĕнÿ панă. Унăн сĕнĕвĕсем тăрăх ТО-80 машинăсен хăшпĕр пайĕсен конструкцине улăштарнă.

...Пĕррехинче ун патне работница чупса пычĕ.

— Илья Михайлович, вуннăмĕш машина чарăнса ларчĕ,—пĕлтерчĕ вăл.

— Мĕн пулчĕ?—пăшăрханса ыйтрĕ Михайлов.

— Пĕлместĕп. Мотор ĕçлет, машина çаврăнмасть.

Илья Михайлович пĕр вăхăт ним калама аптăраса тăчĕ.

Çак кунхине Михайлов тĕрĕслесе тăракан тăватă машинăран виççĕшĕ чĕн татăлнипе чарăна-чарăна ларнă. Чĕнсене сыпма чылай вăхăт кирлĕ пулнă.

— Чĕнсем ахальтен татăлмаççĕ, кунта мĕнле те пулин сăлтав пур,—шухăшланă Михайлов.

Çав сăлтава тупма çăмăл пулман.

Ĕçре кăлтăк пулсан хăшпĕрисен шухăш-кăмăлĕсем пăсăлаççĕ, ĕçлес хастарлăхĕ чакать. Илья Михайлович ун пек çын мар. Вăл тĕрлĕ кăлтăксене çиĕнчех шыраса тупса, хăвăртрах тÿрлетме тăрăшать.

Пĕррехинче рационализатор чĕне хупласа тăракан хупăлчаран ют, пулма тивĕççĕр сасă тухнине илтнĕ. Хупăлчана уçсан çак сасă пачах çухалнă, ăна тепĕр хут хăй вырăнне лартсан, каллех сехет маятникĕ шакканă евĕрлĕ сасă илтĕнме пуçланă.

Михайлов хупăлчана вĕçертсе илсе сăнаса пăхма пуçланă. Хупăлча ăшĕнче чĕн тусанĕ пулнă. Михайлов çак тусан хупăлчана машина çумне çыхăнтаракан тимĕр çумне ытларах ларнине асăрханă, чĕн сыпăкĕ çак тимĕре сĕртĕнсе çиĕннĕ.

Илья Михайлович тин чĕн мĕншĕн татăлнин сăлтавне тупнă. Вăл хупăлчасен конструкцине улăштарасси çинчен чылайччен шухăшланă. Хупăлчана машина çумне çыхăнтаракан тимĕре хупăлчан шал енчен çыхăнтарнă пулнă. Михайлов ăна тул енчен çыпăçтарма сĕннĕ. Унăн сĕнĕвне ырланă. Çакăн хыççăн чĕнсем татăлма пăрахнă.

Цехра тепĕр çитменлĕх пулнă: ТО-80 машинăсен чалăш шестернисем ваннă. Чипер ĕçленĕ çĕртех шестерня ванать те, ăна улăштариччен машина ĕçсĕр тăрать. Юлашкинчен запасри пайсем те пĕтсе çитнĕ. Мĕн тумалла-ха? Шестернясем сăлтавсăр ванмалла мар.

Илья Михайлович хăйпе пĕрле ĕçлекен мастер помощникĕпе Виктор Васильевич Крыловпа чылайччен çак ыйтупа тимлĕн интересленнĕ. Цех начальникĕ Зинаида Владимировна Мамаева вĕсене куллен пулăшса пынă. Канăçсăр çынсем хăйсен тĕллевне пурнăçланă, шестернясем мĕншĕн ваннине палăртнă.

...Рационализаци бюровĕнче мастер помощникĕ Илья Михайлович Михайлов доклад тăвать. Инженерсемпе техниксем ăна тимлесе итлеççĕ.

— ТО-80 машина—çĕнĕ оборудовани,—тет Михайлов юлташ.—Ман шухăшпа, унăн хăшпĕр деталĕсен конструкцине улăштармалла. Чалăш шестерня машинăн пĕтĕм вăйне чăтать. Çавăнпа вăл хăвăрт çиĕнсе пĕтет. Вăл пачах типпĕн ĕçлет. Унта çу яма çук, çу ярсан та тÿрех юхса тухать. Шестерня конструкцине тĕпчесе тухнă хыççăн, пĕр пĕчĕк çеç деталь хушмалли палăрнă. Çак деталь яланах çу ăшĕнче пулсан, чылай вăхăт ĕçлеме пултарать. Çавăнпа та ăна, автомашина поршенĕн валĕсем пек, çу ăшĕнче ĕçлекен тумалла, çу яма коробка кирлĕ,—тет новатор. Коробка чертежне те Михайлов хăех туса хатĕрленĕ.

Паха сĕнĕве хапăлласах йышăннă. Ăна пурнăçлани ĕç тухăçлăхне икĕ хута яхăн ÿстерме май панă. Юлашки çур çул хушшинче машинăсем ванни тата ĕçсĕр тăни пачах пулман.

— Мана ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума Коммунистсен партийĕ, партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх плаи тĕлĕшпе панă директивăсем хавхалантарса пыраççĕ,—тет Илья Михайлович Михайлов юлташ.

**И. ГРИГОРЬЕВ.**

## „Ялав" журнала лайăхлатассишĕн

Çак кунсенче Шупашкарта писательсемпе вулакансен пухăвĕ пулса иртрĕ. Пуху чăваш совет писателĕсен Союзĕ кăларса тăракан «Ялав» журналăн ĕçĕсене пăхса тухрĕ. Çакна май журнал редакторĕ Эсхель юлташ отчетлă доклад туса пачĕ.

— Журнал редакцийĕ,—терĕ докладчик,—хăйĕн ĕçне партин Центральнăй Комитечĕ идеологи ыйтăвĕсем тăрăх йышăннă постановленисене, партин XIX-мĕш съезчĕн кăтартăвĕсене тата И. В. Сталинăн чаплă произведенийĕсене тĕп вырăна хурса туса пырать. Журнал юлашки вăхăтра хăйĕн ĕçне самаях аванлатрĕ, унăн страницисем çинче çĕнĕ ятсем палăрма пуçларĕç. Журнал чĕлхи те аванлансах пырать. Анчах та, пĕтĕмĕшпе илсен, «Ялав» журналăн çитменлĕхĕсем çав-çавах пысăк-ха.

Журналăн 16 номерĕнче 164 автор çырнă произведенисем пичетленнĕ. Вĕсенчен 94 автор çамрăксем е тин çеç çырма пуçланă çынсем. Союз членĕсенчен вара пурĕ те 17 писатель çеç хăйсен произведенийĕсене пичетленĕ. Урăхла каласан, журнал çамрăк авторсем çинче тытăнса тăрать. Ку вăл пирĕн литературăшăн питĕ паха факт, анчах та çамрăк авторсен произведенийĕсем идейăпа илемлĕх енчен час-часах чĕрĕрех пулса тухаççĕ-ха, вĕсенче çитменлĕхсем палăраççĕ. Паллах, çаксем журнал пахалăхне нумай чакараççĕ. Калас пулать, журнал редакцийĕ хăй те çамрăк авторсемпе сахалтарах ĕçлет, нумай çырусене ответсăр хăварать. Çамрăк авторсемпе редакци аппарачĕ кăна мар, мĕнпур редколлеги тăрăшса ĕçлемелле. Ку ĕçе писательсен союзĕ те хĕрÿллĕн хутшăнмалла.

Журналта,—тет малалла докладчик,—калавсемпе очерксем тата сăвăсем тĕп вырăн йышăнаççĕ. Пахалăх енчен А. Артемьевăн «Чаплă хушамат», «Тăван сăмах», Н. Мартыновăн «Каçарĕ-ши вăл ăна?», В. Садайăн «Чĕре хушать», «Юр ирĕлет» калавĕсене, А. Студенецкин «Шупашкар-Ростов», И. Григорьевăн «Улатăр çыннисем» очеркĕсене, К. Пайрашăн «Кинемей» ятлă пĕр актлă пьесине тата П. Хусанкайăн, А. Алган, Г. Ефимовăн, Г. Лисинăн, В. Алендейăн хăшпĕр сăввисене палăртас пулать.

Редакци Л. Агаковăн «Солнышкин» ятлă калавĕ пирки çырусем нумай илет. Вулакансем ку калава аван йышăнчĕç. Анчах та калавра çитменлĕхсем те чылай. Автор Солнышкин сăнарне туллин сăнласа кăтартайман, çавăнпа та вăл пурнăçри пек пулса тухман. Калаври ĕçсем пĕр-пĕринпе таччăн çыхăнса пымаççĕ, çавăнпа та калав геройĕ пурнăçран татса илнĕ пек курăнать.

Редакцин чи пысăк çитменлĕхĕ,—тет докладчик,—журналта çав-çавах шупка произведенисем пичетленсе пыни пулса тăрать. Журнала час-часах пулса çитмен, япăх редакциленĕ произведенисем кĕрсе каяççĕ. Ку вăл журнал ĕçне чăваш писателĕсем сахал хутшăннинчен килет тата редакци хăй те авторсем умне çирĕп ыйтусем лартсах каймасть.

Редакци хăйĕн вулаканĕсене вырăс писателĕсен тата ытти тăванла халăхсен писателĕсен куçарнă произведенийĕсемпе час-часах паллаштарать. Ку кирлĕ те аван ĕç, анчах та журнал чăваш халăх пурнăçĕпе, республикăри пысăк çитĕнÿсемпе вулакансене çителĕксĕр паллаштарать. Журналăн тематики питĕ ансăр. Редакци хăйĕн ĕç планне çителĕксĕр пурнăçлать, планра пăхнă произведенисем редакцире вăхăтра пулман пирки, хăй тĕллĕн килнĕ материалсемпе усă курать. Редакци паянхи кирлĕ ыйтусем тăрăх писательсене çирĕп заданисем памасть, вĕсене командировкăна та сайра хутра кăна ярать. Куншăн, паллах, редакци хăй те, писательсен союзĕ те айăплă.

Журнала полиграфи тĕлĕшĕнчен илемлĕ кăларасси те çителĕксĕр-ха. Журнал час-часах вăхăтра тухаймасть.

Журнал пахалăхĕ çителĕксĕр пулни тата вăл кая юлса тухни редколлеги членĕсем журнал ĕçне пурте хутшăнманнинчен, аппарат ытла пĕчĕк пулнинчен (виçĕ çын ĕçлеççĕ), литература работникĕпе уйрăм художник тата фотограф çуккинчен те нумай килет. Писательсен союзĕ ку ĕç çине тимлĕн çаврăнса пăхмалла, журнал аппаратне пысăклатма тата ăна çирĕплетме тивĕçлĕ çĕрте ыйту лартмалла.

Пирĕн журнал ĕçне тĕпренех лайăхлатмалла,—тет юлашкинчен Эсхель юлташ.—Журнал пирĕн литературăна ертсе пыракан орган пулмалла, писательсен ăсталăхне çĕклеме пулăшмалла. Халăх пирĕнтен паха та илемлĕ произведенисем кĕтет, эпир хамăр ĕçре новаторсем пулма тăрăшмалла. Вăйсем те, условисем те пирĕн çителĕклĕ.

Пухура Эсхель юлташ доклачĕ тăрăх 19 çын тухса каларĕ.

— «Ялав» журналта та, «Тăван Атăл» альманахра та, — терĕ **Л. Аганов** юлташ,— эпир хамăр республикăпа Тăван çĕршыври пысăк ĕçсене çутатакан очерксем питĕ сахал куратпăр. Очерк вăл литературăри питĕ оперативлă жанр, çавăнпа та ăна пирĕн журналсенче тăтăшах пичетлемелле.

**В. Ржанов** юлташ «Ялав» журналта пьесăсем сахал пичетленнине, журнал час-часах пахалăх енчĕн çителĕксĕр пулнине палăртать. Пурте пĕлеççĕ, пирĕн драмкружоксем пьесăсем çитменнипе аптăраççĕ, çавăнпа та журнал страницисенче пĕр актлă пьесăсене ытларах пичетлемелле.

— Пирĕн журналăн çитменлĕхĕсенчен пĕри вăл,—тет **А. Талвир** юлташ,—журналта критикăлла статьясем сахал пичетленни пулса тăрать. Ĕç çакăн пек пулса пымалла: журналăн кашни произведенийех хак памалла, произведенири çитменлĕхсене хытă критиклемелле. Çавăн пекех, журналра пысăк формăллă произведенисем те пичетлеме тытăнмалла.

Журналти критика пайĕ çинчен **Н. Евстафьев** юлташ та нумай чарăнса тăчĕ. Вăл В. Долгов критикăн Çеçпĕл Мишши çинчен çырнă статьине палăртать, унти çитменлĕхсене асăрхаттарать. Критик Çеçпĕл Мишшин творчествине тĕрĕс хакланă çĕртех, поэт наци политикине вĕçне çитиех тĕрĕс ăнланса илеймен, тесе вырăнсăр вывод тăвать. Н. Евстафьев çавăн пекех В. Васильевăн «Маяковский тата чăваш совет поэзийĕ» ятлă статьине хытă критиклет, ăна тĕрĕсех мар тесе шутлать. Çамрăк критик чăваш поэчĕсен сăввисене Маяковский сăввисемпе механически танлаштарать.

Пухура пулнă писательсемпе вулакансем Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Молния» колхозри **Дмитриев** колхозник сăмахне хапăл туса йышăнчĕç. Дмитриев юлташ писательсене районсене час-часах тухса çÿреме, пурнăçпа тĕплĕн паллашса, лайăх произведенисем çырма чĕнсе каларĕ.

Пединститут студенчĕ **Ларионов** юлташ «Ялав» журнал спорт ĕçне япăх çутатни çинчен, спортсменсем çинчен очерксемпе калавсем пичетлеменни çинчен чарăнса тăрать.

**Макаров** тата **Силкина** художниксем «Ялав» журнала художниксене явăçтарманшăн, вĕсенчен пăрăнса тăнăшăн критиклерĕç.

Доклад тăрăх çавăн пекех Чăваш халăх поэчĕсем **С. Эльгерпе Я. Ухсай, Уйăп Мишши, П. Николаев, С. Шавлы, Н. Ильбеков, Ф. Уяр,** Чăвашгиз директорĕ **П. Золотов,** издательство редакторĕ **Н. Иванов, С. Ялавин** тата ытти юлташсем те тухса каларĕç.

Пухура ССР Союзĕнчи писательсен правлени представителĕ **Б. Иринин** юлташ сăмах каларĕ.

# Наука дворецĕнче

*Çĕмĕрлери рабочисем Мускаври университетăн çĕнĕ çуртне тунă çĕрте*

Мускаври çÿлĕ çуртсенчен чи çÿлли—«Ленинские горы» текен сăрт çинчи университетăн çĕнĕ çурчĕ пулать. Вăл таçтан аякран курăнать. Халăх ăна «Наука дворецĕ» тесе ят панă. Çак пысăк çуртăн башни тăррине ылтăн тĕслĕ çăлтăр йăлтăртатса тăрать. Çăлтăрăн кашни юпи тăршшĕ тăхăр метр.

Акă эпир университет умĕнчи сарлака площаде тухрăмăр. Йĕри-тавра чечексемпе ешĕл йывăçсем ÿсеççĕ, сарлака террасăсемпе аллейăсем аслă çурт патнелле çул уçса параççĕ.

Наука дворецĕ 167 гектар çĕр йышăнать. Кунта çĕнĕ çуртсем питĕ нумай туса лартнă. Строительство площадкинче чавса кăларнă тăпрана поезд çине тиесе турттарас пулсан, 30.000 вагонлă состав кирлĕ пулнă, вăл 300 километра çити тăсăлса кайнă пулĕччĕ. Аслă çуртăн тĕп корпусĕ валли никĕс хывнă чухне çеç строительсем 300 пин кубометр çĕр чавса кăларнă. Çак çĕр йывăрăшĕ университетăн пĕтĕм çурчĕн йывăрăшĕпе танлашать. Университет çурчĕ çине пăхатăн та, совет çыннисен пултарулăхĕшĕн савăнса шухăша каятăн. Телейлĕ вăхăтра пурăнатпăр эпир! Тăван çĕршыв, Ленинпа Сталин партийĕ, Совет правительстви вĕренекенсемшĕн нимĕн те хĕрхенмеççĕ.

Мускав университечĕ пек чаплă аслă шкул çĕр чăмăрĕ çинче урăх нихăш çĕршывра та çук. Кунта студентсем валли пурте пур: пурăнма—кашнин валли уйрăм пÿлĕм, вĕренме—пысăк аудиторисем, темиçе пин томлă библиотекăсем, музейсем, лабораторисем, канма—чаплă клуб, бассейн, спортплощадкăсем. Çавăнтах магазинсемпе буфетсем, столовăй, амбулатори, антека, больница, тумтир е атă юсамалли мастерскойсем...

Халĕ кунта кашни корпусра, кашни этажра е секцире хĕрÿ ĕç пырать. Харпăр хăй участокĕнчи ĕçсене ыттисенчен малараx пĕтерессишĕн ăмăртăва хутшăннă коллективсем хушшинче эпир Çĕмĕрле рабочийĕсене тĕл пултăмăр. Вĕсем кунта, университет çуртĕнче, пĕлтĕртенпех ĕçлеççĕ. Çĕмĕрле комбиначĕ ятарласа хатĕрленĕ сĕтелсемпе шкафсене университетăн аудиторийĕсемпе лабораторийĕсене вырнаçтарса лартаççĕ. Çĕмĕрле хăйĕн чи ăста столярĕсене, комбинатри ĕçре мала тухнă стахановецсене янă. Вĕсем тăватă бригадăпа ĕçлеççĕ. Хĕллехи вăхăтра столярсем тĕп корпусра, биологи тата физика факультечĕсен корпусĕнче пысăк шкафсемпе сĕтелсене вырнаçтарса лартнă, халĕ—химн факультечĕн корпусĕнче ĕçлеççĕ. Çак корпусри лабораторисене кун çутти виçĕ енчен кĕрет.

Кунта çакна асăрхаттарса хăварас килет: хими лабораторийĕнчи хăшпĕр шкафсем хресчен пÿрчĕ пекех пысăк. Вĕсене Çĕмĕрле столярĕсем чăваш юманĕнчен тунă. Темиçе пайлă та хупăллă шкафсенчи аппаратурăсем патне уйрăм трубкăсем, проводкăсем тăрăх шыв, газ, вакуум, электричество пырать. Кунтах электричество токĕ япан вытяжной шкафсем те пур.

Хими корпусĕн кăнтăр енчи лабораторийĕсене монтаж тăвакансем хушшинче паян Иван Васильевич Микин бригади ĕçлет. Çак бригада Мускава килнĕренпе университетăн ытти корпусĕсене те нумай тирпейленĕ. Микин юлташ ертсе пыракан столярсем Эстонирен, Белоруссирен, Украинăран, Латвирен, Свердловскран, Ленинградран, Смоленскран килнĕ столярсемпе ăмăртса ĕçленĕ. Университет строительствин управленийĕ Микин бригадине ĕçе тĕплĕ те тирпейлĕ тунăшăн яланах паха ĕçлекен бригада ятне панă. Бригадăри столярсем Кандрин, Маркин, Кутырев, Мельников юлташсем аслă стройкăри чи хисеплĕ çынсем.

Корпусăн çурçĕр енчи лабораторийĕсенче Çĕмĕрле çамрăкĕсен бригади ĕçлет. Ăна Александр Федоров ертсе пырать. Çамрăксем Мускава килнĕренпе вăхăт чылай иртнĕ ĕнтĕ. Сĕтел-пукан комбиначĕн дирекцийĕ, нумай пулмасть, вĕсене киле таврăнма юрать, тесе пĕлтернĕ. Çамрăксем пурте пĕр кăмăллă пулса: «Университета туса пĕтермесĕр Çĕмĕрлене таврăнмастпăр», тесе çырса янă. Вара комбинат директорĕ вĕсене тепĕр сроклăха Мускаврах хăварнă.

Лабораторисемпе аудиторисене вырнаçтарнă шкафсемпе сĕтелсене юлашкинчен лак сĕрсе çутатса пыракан бригадăри Зинаида Петровна Кузнецова пире çапла каласа пачĕ: «Эпĕ Çĕмĕрлери комбинатра сакăр çул ĕçленĕ, Мускава килнĕренпе 10 уйăх ытла иртрĕ ĕнтĕ, анчах хальхи пек хавхаланса ĕçленине астумастăп. Ара, мĕншĕн савăнас мар-ха, эпĕ тĕнчипе паллă университет çуртне тунă çĕрте ĕçлетĕп-çке! Çакна аса илетĕп те, ывăннине те туймастăп».

Кузнецовăпа пĕрле Çĕмĕрлерен килнĕ тепĕр работница, Мария Алексеевна Мельникова ĕçлет. Вăл та наука дворецне тăвакан коллективра пулма тĕл килнишĕн савăннă, «Кунти ĕçсене пĕтермесĕр киле таврăнмастпăр» тет.

Çĕмĕрле столярĕсене кулленхи ĕçре М. Т. Сверлинский юлташ ертсе пырать. Вăл комбинат ярса панă хатĕр продукцие складран корпуссене куçарнă çĕрте тĕрĕслесе тăрать. Унăн помощникĕ—Н. А. Сергеев мастер бригадăсенчи ĕçсене йĕркелесе пырать.

Хими факультечĕн корпусĕнчен эпир тĕп корпуса кайрăмăр. Кунта, университет çурчĕн чи çÿлĕ пайĕнче, виçĕ факультет аудиторийĕсемпе библиотекисем, музейсем, актовăй зал (1.500 çын валли), университетăн икĕ пысăк залĕ, клуб, ректорат, гимнастика залĕсемпе шыв бассейнĕ вырнаçнă.

Тĕп корпус хатĕр ĕнтĕ. Май уйăхĕн вĕçĕнче географи факультечĕ кивĕ çуртран кунта — çĕнĕ вырăна куçма тытăнчĕ. Çак фекультет лабораторийĕсемпе кафедрисем тĕп корпусăн 10 хутне йышăнаççĕ. Географсем пĕтĕмпех хатĕр: 17-мĕш, 21-мĕш тата 22-мĕш хутсене йышăнчĕç те ĕнтĕ. Çак кунсенче кунта СССР-ăн физикăлла тата экономикăлла географи, землеведени, геоморфологи, океанографи, типĕ çĕр гидрологийĕн кафедрисем куçса килеççĕ. Факультет йышăннă аудиторисенчи хитре сĕтел-пукансемпе шкафсене тата приборсемпе аппаратурăна çĕршыври темиçе предприяти туса хатĕрленĕ. Кунтах, студентсем валли, тĕрлĕ çĕршывсене тинĕс тăрăх, çÿлĕ сăрт-тусем урлă экспедицие кайса çÿремеллине кăтартакан макетсемпе приборсем пур.

Мускав университечĕ çамрăксене вĕрентекен аслă шкул çеç мар. Вăл—çĕршыври наукăпа тĕпчев ĕçĕсен паллă центрĕ те пулать.

Пĕтĕм университетăн аудиторийĕсемпе лабораторийĕсене тата библиотекăсемпе музейсене, гостиннăйсемпе фойесене вырнаçтарса лартмалли 660 тĕрлĕ кресласемпе дивансене, сĕтелсемпе шкафсене, кроватьсемпе пукансене çĕршыври 50 предприяти кĕске срокрах хатĕрлесе панă.

Университетра кашни студент валли уйрăм пÿлĕм пулать. Кашни пÿлĕмрех икĕ сĕтел, пукансем, диван-кровать, кĕнекесем валли шкаф, кĕпесем хума тата тумтир çакма стена ăшне уйрăм шкаф вырнаçтарнă.

Вĕренмелли аудиторисемпе лабораторисенчи сĕтел-пукансене пурне те юманран, студентсем пурăнакан корпусрисене — хурăнран тунă.

Университетри сĕтелсен конструкцине çеç илсен те—вĕсем 160 тĕрлĕ иккенне куратпăр. Географи карттисем çине пăхса вĕреннĕ чух лармалли сĕтел пĕр тĕрлĕ, микроскопсем лартмалли сĕтел — тепĕр тĕрлĕ, диплом çыракан студентсем валли те уйрăм конструкциллĕ сĕтелсем хатĕрленĕ. Университетăн библиотекисенчи сĕтелсемпе шкафсем 20 тĕрлĕ: каталогсем хумалли уйрăм шкафсем, сĕтел-бюросем, кĕнеке витринисем, çаврăнма пултаракан этажеркăсем, кĕнекесем турттармалли кустăрмаллă сĕтелсем тата ыттисем те.

Тĕп корпус фасачĕ Мускав шывĕ енне тухать. Тул енчен тÿрех актовăй зала, вĕренмелли аудиторисене кĕме пулать, корпусăн тепĕр енчи алăкĕнчен анлă вестибюле, клуба тата лифтсем çине лармалли площадка патне кĕмелле. Çак аслă çуртăн пирвайхи ултă хутне геологи факультечĕ йышăнать. Саккăрмĕш хутра ректорат пулать. Ку питĕ те вырнаçуллă: ытти хутсенчен хăпарса кунта пурте чарăнаççĕ, саккăрмĕш хутран ытти çĕре хăпарса анма та йывăр мар.

Тăххăрмĕш хутра пĕтĕм университет библиотекин управленийĕ пулать. Уйрăм факультетри студентсене çеç кирлĕ литературăна çав факультетсен вуламалли залĕсемне пĕр хута вырнаçтарнă. Кунта эпир Çĕмĕрле рабочине Василий Матвеевич Шалфеева тĕл пултăмăр. Вăл Мускав университетне тума хăйĕн икĕ ывăлĕпе килнĕ. Георгипе Ювеналий те ашшĕ пекех ăста столярсем, тăххăрмĕш хутра библиотека шкафĕсене вырнаçтараççĕ. «Ленинград çыннисемпе ăмăртса ĕçлетпĕр, университета часрах туса пĕтерес килет вĕт-ха», тет Василий Матвеевич.

Çиччĕмĕшпе тăххăрмĕш хутра пĕтĕм университет кафедрисем вырнаçаççĕ.

Çирĕм пĕрремĕшпе çирĕм улттăмĕш хута çитиччен пĕтĕмпех землеведени музейĕ йышăнать. Çак музей тавра терраса туса хитрелетнĕ. Кунтан Мускав алă тупанĕ çинчи пек курăнать.

Биологипе тăпра факультечĕн тĕп корпусĕпе юнашар агроботанически сад çурт-йĕрĕсене — оранжерейăсемпе теплицăсем, искусственнăй çанталăк камери, вегетаци çурчĕ туса лартнă.

Акă кунтан инçе те мар строительсем механика институчĕн çуртне, механически мастерскойсем, гидрологи лабораторийĕ, высоковольтнăй установкăсен корпусне туса пĕтереççĕ. Кунтах климатологи тата метерологи станцийĕсем, обсерватори, тăпра лабораторийĕ, аэродинамика корпусĕ, газовăй электрохими çурчĕ те пулать.

Университетăн ботанически садĕнче кунсеренех çĕнĕ чечексем çуралаççĕ. Сад альпинарийĕнче май уйăхĕнчех примула хĕрлĕ чечек кăларчĕ, хитре арабис та ашкăнса ÿсет. Питомникре—темиçе тĕслĕ тюльпансем куçа илĕртеççĕ.

Кăçал университет валли Ленинградран хаклă йывăçсем ярса панă, çав шутра хĕллехи сивĕрен хăраман рододенрон ятлă чечек пур.

Университетăн тĕп корпусĕ умне тухсан, каллех скверсенчи темиçе тĕрлĕ чечексене куратăн. Çак чечеклĕ сад варринчи аслă çурт, Совет Союзĕнчи халăхсен вăйĕпе, пултарулăхĕпе туса лартнă Наука дворецĕ часах хатĕр пулать.

**А. ТАЛВИР.**

# ТӖНЧЕРИ ЛАРУ-ТӐРУ

### ИТАЛИРИ ДЕМОКРАТИЛЛЕ ВӐЙСЕН ПЫСӐК ҪӖНТЕРӖВӖ

Июнӗн 7—8-мӗшӗсенче Италире парламент суйлавӗ пулса иртнӗ. Пӗр вӑхӑтрах депутатсен палатине, тата сената суйланӑ.

Депутатсен палатин суйлавӗ демократие хирӗҫле суйлав законӗ тӑрӑх пулса иртнӗ. Ҫак законӑн тӗллевӗ вӑл — пуҫ пулса тӑракан христианла демократсен партийӗпе ытти буржуалла партисене парламентра ытларах вырӑн йышӑнса илме май парасси пулнӑ. Ҫак закон тӑрӑх, палатӑри вырӑнсене пропорци йӗркипе мар, «ытларахӑшӗн премийӗ» ҫекен принцип тӑрӑх уйӑрмалла. Суйлавра 50 процентран ытларах пӗр сасӑ кӑна илсен те, ҫак парти е партисен блокӗ депутатсен палатинчи вырӑнсенчен 65 процентне (590 вырӑнтан 380 вырӑн) йышӑнать.

Христианла демократсем ҫӗнӗ суйлав законӗ хӑйсене ҫӗршывӑн законсем кӑларакан органӗнче ытларах вырӑн илме, оппозицие путарса хӑртма, Италие агрессиллӗ Ҫурҫӗр-Атлантика блокӗн ҫар планӗсене пӑхӑнтарас политикӑна малалла тытса пыма май парасса шаннӑ. Анчах ҫакӑн пек шутлани пӗтӗмпех путланса ларнӑ. Италири демократилле общественность реакцин ҫакнашкал маневрне хирӗҫ хыттӑн тӑнӑ, суйлав вӑхӑтӗнче демократие хирӗҫле закона путлантарса хӑртнӑ.

Суйлав итогӗсем ҫакна кӑтартса панӑ: Италири ӗҫҫыннисен анлӑ массисем ҫӗршывра влаҫра тӑракан ушкӑнсен политикипе килӗшмеҫҫӗ, вӗсем ирӗклӗхпе ҫӗршывӑн наци никама пӑхӑнманлӑхӗ ҫине реакционерсем тапӑннине хирӗҫ пур вӑйсемпе те тӑма хатӗр. Ҫак ушкӑнсем тытса пыракан нацие хирӗҫле политика ҫӗршыв умне питӗ пысӑк хӗн-хур кӑларса тӑратрӗ. Италие, тӗрӗссипе илсен, Америка ҫарӗсем оккупациленӗ. Океан леш енчен хуҫса тӑнипе вӑйлӑн хӗҫпӑшалланма тытӑннӑ, демократилле лагере кӗрекен ҫӗршывсемпе экономикӑлла сыхӑнусем тытма пӑрахнӑ. Ҫавӑн пирки те ҫӗршывра хальхи вӑхӑтра ӗҫсӗр тӑрса юлнисем пурӗ 6 миллион ҫын ытла шутланаҫҫӗ, машинӑсем тӑвакан, пир-авӑр тӗртекен тата ытти предприятисем ҫӗршерӗн хупӑнаҫҫӗ, пурнӑҫ йывӑрланса пырать, тулашри суту-илӳре дефицит питех те пысӑк. Суйлав Италири ӗҫҫынни массисем ҫак политикӑна хирӗҫ хыттӑн тӑнине кӑтартса панӑ.

Италири шалти ӗҫсен министерстви пӗлтернӗ тӑрӑх, депутатсен палатин суйлавне 28.387.000 суйлавҫӑ хутшӑннӑ. 27.089.000 бюллетене тӗрӗс тесе йышӑннӑ. Правительство блокне кӗрекен партисем 13.487.000 сасӑ, е 49,8 процент илнӗ. 1948 ҫулхи суйлавпа танлаштарсан, вӗсем 2.800.000 сасӑ ҫухатнӑ.

Сулахай партисем, 1948 ҫулхипе танлаштарсан 1.426.000 сасӑ ытларах илнӗ. Коммунистсемшӗн 6.123.000 суйлавҫӑ (22,6 процент), социалистсемшӗн 3.440.000 суйлавҫӑ (12,7 процент) сасӑланӑ. Христианла демократсене хирӗҫ тӑракан независимӑй ушкӑнсем 2 процент ытла сасӑ илнӗ. Иртнӗ суйлавра сулахай партисем пӗтӗм сасӑсенчен 31 процент илнӗ пулсан, халӗ 35 процент сасӑ илнӗ.

Монархистсемпе ҫӗнӗ фашистсен партийӗсем иккӗшӗ пӗрле 12,6 процент сасӑ илнӗ.

Ҫапла ӗнтӗ, оппозицире тӑракан ушкӑнсем пӗтӗмпе 50,2 процент сасӑ илнӗ. Ҫакӑ вӑл акӑ мӗне пӗлтерет: правительство блокне кӗрекен партисем «ытларахӑшӗн премине» илессе шанма пултараймаҫҫӗ, мӗншӗн тесен депутатсен палатинче вырӑнсене уйӑрмалли пропорци йӗрки ҫапламах сыхланса юлать.

Ҫӗнӗ палатӑра христианла-демократсем 261 вырӑн илеҫҫӗ (халиччен вӗсем 574 вырӑнтан 307 вырӑн йышӑннӑ), социал-демократсем — 19 вырӑн (33 вырӑн пулнӑ), либералсем—14 вырӑн (19 вырӑн пулнӑ), республиканецсем—5 вырӑн (9 вырӑн пулнӑ), правительство блокне кӗревен ытти партисем—4 вырӑн илеҫҫӗ. Сылтӑм партисем 69 мандат илеҫҫӗ. (Монархистсем—40, неофашистсем—29).

Коммунистсен партийӗ — 143 мандат (131 мандат пулнӑ), социалистсен партийӗ 75 мандат илет (52 пулнӑ).

Христианла-демократсен блокӗ сенат суйлавӗнче те пысӑк поражени тӳснӗ. Вӑл пӗтӗмпе 2.300.000 сасӑ ҫухатнӑ. Ҫав вӑхӑтрах, коммунистсен партийӗпе социалистсен партийӗ, 1948 ҫулхи суйлавпа танлаштарсан, миллион ҫурӑ ытларах сасӑ илнӗ. Ҫӗнӗ сенатра, мандатсене пропорци йӗркипе уйӑрнипе, правительство блокӗ 237 вырӑнтан 125 вырӑн илет (33 вырӑн сахалтарах). Иртнӗ суйлавра сенатра коммунистсем, социалистсем, «сулахай республиканецсем 72 вырӑн йышӑннӑ пулсан, халӗ 87 вырӑн йышӑнаҫҫӗ. Монархистсемпе неофашистсем 25 вырӑн илеҫҫӗ.

Демократилле вӑйсен хӑйсен суйлав кампанине полици хӗсӗрленӗ, провокацисен тунӑ условисенче ирттермелле пулнине шута илсен, вӗсен ҫӗнтерӗвӗн пӗлтерӗшӗ тата та пысӑкрах пулни лайӑх курӑнать. Влаҫсем фашистла элементсен киревсӗр ӗҫӗсене пур майсемпе те хавхалантарса пынӑ, вӗсем демократсене арестленӗ, суйлав умӗнхи митингсемпе пухусене салата-салата янӑ, суйлав литературине сарма чарса лартнӑ. Ҫакӑн пек хӑтланасси вӑл, Пальмиро Тольятти суйлав умӗн тухса каланӑ сӑмахра кӑтартса панӑ тӑрӑх, прогрессивнӑй партисем суйлава конкретлӑ, халӑха ӑнланмалла политикӑлла программӑпа тухнинчен килнӗ. Ҫав вӑхӑтрах христианла демократсен партийӗпе унӑн союзникӗсем нимӗнле конструктивлӑ сӗнӳ те тӑратма пултарайман. Вӗсен пропагандине пурнӑҫ хӗех куллен сирсе пынӑ.

Парламентра ытларах вырӑн илес тесе, влаҫра тӑракан партисем суйлав вӑхӑтӗнче тӗрлӗ киревсӗр ӗҫсем тӑвасси умӗнче те чарӑнса тӑман. Италири демократла хаҫатсем ҫырнӑ тӑрӑх, монахсем темиҫешер хут сасӑланӑ, правительство блокне кӗрекенсем бюллетеньсене сутӑн илнӗ, ӑсран тухнӑ ҫынсене суйлав участокӗсене илсе пынӑ. Анчах та суйлав законне ҫакӑн пек сӗмсӗррӗн пӑсни те реакционерсене хӑйсене кирлӗ чухлӗ сасӑ илме пулӑшман.

Суйлавра христианла-демократла блок поражени тӳсни Италири влаҫра тӑракан ушкӑнсене аптратса ӳкернӗ. Реакционерсем ҫӗнӗ суйлав законӗ, хӑйсем пӗтӗм вӑя хурса парламента йышӑнтарнӑ закон, хӑйсем пысӑк савӑнӑҫ кӳрессӗ шанса тӑнӑ закон, супӑнь кӑпӑкӗ пек саланса кайнине ниепле те йышӑнасшӑн мар.

Христианла демократсем поражени тӳсни вӗсен Америкӑри хуҫисене те тӗлӗнмеллипех тӗлӗнтернӗ. «Нью-Йорк таймс» хаҫатӑн Римри корреспонденчӗ ҫакна паллӑ тӑвать: «политика енчен илсе пӑхсан, ҫак суйлав акӑ мӗне пӗлтерет: коммунистсемпе вӗсен союзникӗсем—сулахай социалистсем, ҫичӗ ҫул каялла пулнӑ пекех, Итали рабочийӗсен пысӑк пайне контроль туса тӑраҫҫӗ. Унсӑр пуҫне тата вӗсем хӑйсене кӑмӑллакан ытти миллионшар ҫынсем пулӑшасса кӗтме пултараҫҫӗ».

«Дейли ньюс» хаҫат, США юлашки пилӗк ҫул хушшинче Италие 6 миллиард долларлӑх «пулӑшу» панине палӑртса, ҫапла ҫырать: ҫакӑн хыҫҫӑн та де Гаспери правительствин позицийӗ ҫирӗпех пулса тӑраймӗ. Хаҫат Пӗрлешӳллӗ Штатсене «хӑйсен тусӗсемпе союзникӗсене укҫалла сутӑн илме хӑтланакан политикӑна ҫӗнӗрен пӑхса тухма» сӗнет.

Итали халӑхӗ правительство хӗҫпӑшалланас тӗлӗшпе тытса пыракан политикӑна, Итали агрессиллӗ блоксене хутшӑннине, наци экономикине аркатнине, демократилле ирӗклӗхсене пӗтерсе лартма пӑхнине хирӗҫ хытӑ тӑрать. Ҫакна парламент суйлавӗ питӗ лайӑх кӑтартса пачӗ.

«Пирӗн ҫӗнтерӳ, — тет Тольятти, — вӑл миршӗн, демократишӗн, социализмшӑн кӗрешсе тунӑ ҫӗнтерӳ. Ҫапла ӗнтӗ, мӗнпур тӳрӗ шухӑшлӑ итальянецсем ҫак ҫӗнтерӳшӗн савӑнма пултараҫҫӗ. Пӗтӗм ҫӗршыв ҫакна пӗлсе тӑтӑр: пирӗн партин аслӑ вӑйӗ халиччен хи пекех халӑхӑн аслӑ интересӗсене пӑхӑнса тӑрать».

### ФРАНЦИРЕ ПРАВИТЕЛЬСТВО КРИЗИСӖ МАЛАЛЛА ПЫРАТЬ

Францире правительство кризисӗ нумай вӑхӑта тӑсӑлать ӗнтӗ. Францин Наци пухӑвӗ Рене Мейер правительствине шанмалла мар туни ҫинчен решени йышӑннӑранпа виҫӗ эрне ытла иртрӗ. Апла пулсан та, ку таранччен ҫӗнӗ правительство туса хураймарӗҫ. Чӑнах та, ҫӗнӗ правительство тума ку таранччен темиҫе ҫын та хӑтланса пӑхнӑ ӗнтӗ.

Премьер пулма тӑратнӑ виҫҫӗмӗш кандидат — католикла партин лидерӗ, ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗ пулнӑ Жорж Бидо пулчӗ. Анчах вӑл та 313 сасӑ кӑна илме пултарнӑ (правительство туса хума полномочисем илес тесен, конституци тӑрӑх, 314 сасӑ илни кирлӗ). Ун умӗн правительство туса хума хӑтланса пӑхнӑ Поль Рейнопа Мендес-Франс та кирлӗ чухлӗ сасӑ илеймен. Поль Рейно 276 сасӑ, Мендес-Франс 301 сасӑ илнӗ.

Правительство кризисӗсем Францишӗн йӑлана кӗнӗ ӗҫ вырӑнне пулса тӑчӗҫ. Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи вӑхӑтра Францире 22 правительство улшӑннӑ. Вӗсенчен хӑшпӗрисем, сӑмахран, Эдгар Фор правительстви, влаҫра пурӗ те темиҫе эрне хушши кӑна тытӑнса тӑнӑ, теприсем вара уйӑхран та сахалтарах вӑхӑт хушши тытӑнса тӑнӑ. Правительство ҫакӑн пек час-часах улшӑнса тӑни вӑл ӑнсӑртран килнӗ япала мар.

Хӗҫпӑшалланассине вӑйлатнӑ пирки тата Франци агрессиллӗ блоксене хутшӑннӑ пирки ҫӗршыв экономикӑпа финанс тӗлӗшӗнчен вӗсӗмсӗр пысӑк йывӑрлӑхсем тӳссе ирттернӗ условисенче, влаҫра тӑракан ушкӑнсене халӑха хирӗҫле хӑйсен политикине тытса пыма йывӑртарах та йывӑртарах пулса тӑрать. Францири ӗҫҫыннисен анлӑ массисем реакци халӑх пурнӑҫӗ ҫине тапӑннине хирӗҫ, хӗҫпӑшалланма укҫа-тенкӗ нумай расходланине хирӗҫ, Вьетнамра вӑрҫӑ вӑрҫнине хирӗҫ, «Европа ҫарӗ» тенӗскерне тӑвассине хирӗҫ ытларах та ытларах вӑйлӑн тӑраҫҫӗ. Шӑпах та ҫавӑн пирки ӗнтӗ Францире правительствӑсем тӗрексӗр пулса тӑраҫҫӗ. Ҫакӑн пек пулни реакцие халӑх шухӑшне шута илмесӗр тӗрлӗ ӗҫсем тума питех те чӑрмантарать.

Пӗр-пӗринпе улшӑнакан правительствӑсем хӑйсем кивӗ правительство политикине малалла тытса пыни ҫинчен пӗлтереҫҫӗ. «Ажанс экономикэ финансьер» кун пирки ҫапла ҫырать: «Пирӗн политикӑра киввине йышӑнни мӗне пӗлтернине тӗрӗсрех ӑнланмалла тӑвас пулать, мӗншӗн тесен, тӗрӗссипе каласан, тӑватӑ ҫул хушши ытла ӗнтӗ пирӗн хамӑрӑн тулашри политика ҫук. Киввине йышӑнасси ҫук япаларан пулма пултараймасть...».

Францири влаҫра тӑракан ушкӑнсем Франци Ҫурҫӗр-Атлантика блокне сӗтӗрсе кӗртнӗ хыҫҫӑн, ҫак блока организациленӗ тата хавхалантарса тӑракан США ирӗксӗрлесе йышӑнтаракан политикӑна шута илмесӗр тӑма ҫук. Ӗҫсем ҫакӑн пек килсе тухнӑ пирки Франци экономикине милитаризацилемелле пулнӑ. Бюджет дефицичӗ тӑтӑш ӳсет. Вӑл хальхи вӑхӑтра 750 миллиард франка ҫитнӗ. Ӗҫҫыннисен пурнӑҫ шайӗ пӗрмай чакса пырать. Ӗҫсӗрлӗх ӳсет.

Премьер-министр пулнӑ Рене Мейер ҫӗршыва «экономика тӗлӗшӗнчен лайӑхлатмалли» текен проект сӗннӗ. Ҫак сӗнӳ тӑрӑх, налогсен йывӑрлӑхӗ пӗтӗмпех ӗҫҫыннисем ҫине тиенмелле. Вӑл ҫавӑн пекех парламент прависене пӳлсе хума тата правительство полномочийӗсене пысӑклатма сӗннӗ. Ҫапла вара вӑл халӑха хирӗҫле хӑйӗн политикине нимӗн чӑрмавсӑр пурнӑҫа кӗртсе пымалла тума, уйрӑммӑн илсен, «Европа ҫарӗ» тенӗскерӗ ҫинчен калакан договора ҫирӗплетессине хӑвӑртлатма шутланӑ. Анчах та Франци общественноҫӗ ҫакнашкал «ӗҫсене» сирсе пӑрахрӗ, мӗншӗн тесен кун пек туни вӑл ҫӗршывӑн наци суверенитечӗпе никама пӑхӑнманлӑхне хӑратса тӑрать.

Халӗ, правительство туса хума виҫӗ хутчен хӑтланса пӑхнӑ хыҫҫӑн та ӗҫ путланса ларсан, президент буржуалла тӗрлӗ партисен лидерӗсемпе ҫӗнӗрен консультаци ирттерме тытӑннӑ. Премьер пулма тӑратакан ҫӗнӗ кандидат ҫак нумай вӑхӑта тӑсӑлнӑ правительство кризисне пӗтерсе лартма пултарӗ-и е пултармӗ-и, паллӑ мар. Анчах ҫакӑ паллӑ: ҫӗнӗ правительство туса хурсан та, вӑл тӗреклӗ пулассине шанса тӑма сӑлтав ҫук.

Д. БОЧАРОВ.

## Корейӑри ӗҫсем

### ХАЛӐХ ҪАРӖН ГЛАВНӐЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июнӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн Главнӑй командованийӗ паян ҫапла пӗлтернӗ: иртнӗ кун хушшинче фронтсенче нимӗнле улшӑнусем те пулман.

Халӑх ҫарӗн зенитнӑй чаҫӗсем паян тӑшманӑн 2 самолетне персе ӳкернӗ, 5 самолетне сиенленӗ.

### Корейӑра перемири ҫинчен пыракан каласусем

ПЕКИН, июнӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчӗ Кэсонран пӗлтернӗ тӑрӑх, Корейӑпа Китай делегацийӗ паян пичетлесе кӑларнӑ пӗлтерӳре ҫапла каланӑ:

Июнӗн 12-мӗшӗнче икӗ енӗн штаб-офицерӗсен икӗ ушкӑнӗ хупӑ ларусем ирттернӗ. Штаб-офицерӗсен икӗ ушкӑнӗн ларӑвӗсем июнӗн 13-мӗшӗнче ирхине 11 сехетре малалла пулаҫҫӗ.

### Корейӑра перемири ҫинчен пыракан каласусем пирки

ПЕКИН, июнӗн 11-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентстви ҫапла пӗлтерет: Китай центральнӑй халӑх правительствин ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министерстви тыткӑнри ҫар ҫыннисене репатриацилесси ҫинчен тунӑ килӗшӗвӗн копийӗсене пилӗк нейтральнӑй ҫӗршывӑн — Польшӑн, Чехословакин, Швецин, Швейцарин тата Индин—Пекинри дипломатилле представительствисене ярса панӑ. Унта ҫав ҫӗршывсен, килӗшӳре палӑртнӑ пек, репатриаци тӗлӗшпе ӗҫлекен нейтральнӑй комиссие хутшӑнмалли ҫинчен каланӑ.

Ӗнер ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗн заместителӗ Чжан Хань-фу Чехословаки, Инди, Швеци посолӗсене, Швейцари посланникне, Польшӑн вӑхӑтлӑх поверенннӑйне йышӑннӑ. Вӑл вӗсене Корейӑра перемири ҫинчен пыракан каласусене хутшӑнакан Корейӑпа Китай делегацийӗ тата Пӗрлешнӗ Нацисен командованийӗн делегацийӗ июнӗн 10-мӗшӗнче ҫакӑн пек килӗшӳ туни ҫинчен пӗлтернӗ: репатриаци тӗлӗшпе ӗҫлекен нейтральнӑй комиссие хутшӑнакан пилӗк ҫӗршыв патне кашни енӗ чӗнӳ ярать. Корея Халӑх ҫарӗн тата Китай халӑх добровольцӗсен делегацийӗ Китай Халӑх Республикин правительстви урлӑ, тыткӑнри ҫар ҫыннисене репатриацилесси ҫинчен тунӑ килӗшӳре палӑртнӑ комиссие—репатриаци тӗлӗшпе ӗҫлекен нейтральнӑй комиссие хутшӑнма ыйтса, официальнӑй йӗркепе Польша, Чехословаки, Швеци, Швейцари тата Инди правительствисене чӗнсе каласшӑн. Делегаци ҫавӑн пекех ҫак ҫӗршывсен правительствисен шухӑшне пӗлесшӗн. Пилӗк ҫӗршывӑн аслӑ посолӗсем, посланникпа поверенннӑй ҫакӑн ҫинчен ҫийӗнчех хӑйсен правительствисене пӗлтерме пулнӑ.

ВАРШАВА, июнӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Польшӑри пичет агентстви ҫапла пӗлтерет:

Польша Халӑх Республикин правительстви хӑйӗн представителӗсене Корейӑра перемири ҫинчен тунӑ килӗшӳ проектӗнче палӑртнӑ органсене яма килӗшни ҫинчен пӗлтернӗ. Польша Корейӑра юн тӑкассине хӑвӑрт чарма май пулса тухнине ырлать, Корейӑри хирӗҫӗве мирлӗ майпа йӗркелеме хӑй енчен пулӑшма хатӗр.

### Кенири лару-тӑру

ЛОНДОН, июнӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчӗ Найробирен (Кени) пӗлтернӗ тӑрӑх, июнӗн 11-мӗшӗнче Мьери районӗнче «хӑрушсӑрлӑх ҫарӗсен» салтакӗсем 13 негра вӗлернӗ. Вӗсене корреспондент «террористсем» тет.

Хӗвелтухӑҫ Африка ҫар округӗн ҫӗнӗ командующийӗ генерал Эрскин июнӗн 11-мӗшӗнче «террористсене» хирӗҫ кӗрешекен ҫарсене инспекци тума Накуру хулине вӗҫсе тухса кайнӑ. Вӑл унта тухса кайсси ҫӗнӗ кампани пуҫланнипе ҫыхӑнса тӑрать, тесе ҫырать корреспондент. Тул ҫутӑлас умӗн Англин ҫар самолечӗсем Абердэр тӑвӗсем патӗнче тӗрлӗ вырӑнсем ҫине бомбӑсем нумай пӑрахнӑ.

### ФУТБОЛ

## Республика кубокне илессишӗн

Июнӗн 12-мӗшӗнче Шупашкарти «Молния» спорт обществин стадионӗнче футбол вӑййипе республика кубокне илессишӗн пыракан ӑмӑртӑвӑн ҫур финалти иккӗмӗш вӑййи пулчӗ. Ҫӗмӗрлери «Урожай» спорт обществин футбол команди Шупашкарти «Динамо» спорт обществин командипе тӗл пулса вылярӗҫ.

Сумӑрлӑ ҫанталӑк тӑнӑ пирки вылямa йывӑр пулчӗ пулин те, ҫак вӑйӑ интереслӗ, пысӑк ҫӗкленӳпе иртрӗ. Икӗ футбол команди те пӗр-пӗрне ҫӗнтерессишӗн, ҫапла вара финала тухассишӗн тӑрӑшса вылярӗҫ. Вылямa тытӑнсан нумаях та вӑхӑт иртмерӗ, ҫӗмӗрлесем вӑйлӑ тапӑнса пырса, динамовецсен алӑкне пӗр мечка тапса кӗртрӗҫ. Ҫакӑн хыҫҫӑн динамовецсем те, выляса ярас мар тесе, тӑрӑшарах, хӑвӑрт вылямa тытӑнчӗҫ. Тепӗр 10 минутран вӗсем те ҫӗмӗрлесен алӑкне пӗр мечка тапса кӗртрӗҫ. Вӑйӑ шучӗ 1:1 пулса тӑчӗ.

Иккӗмӗш тайӑмра вӑйӑ вӑхӑтӗнче динамовецсенчен пӗри ӑнсӑртран штрафной площадкӑра мечкӑна алӑпа тӗкӗнчӗ. Ҫакӑншӑн А. Иванов судья Ҫӗмӗрле футболисчӗсене мечкӑна 11 метртан тапма ирӗк пачӗ. Анчах вӗсем ҫакӑпа усӑ кураймарӗҫ, мечкӑна тапса кӗртеймерӗҫ. Динамовецсен вратарӗ Н. Стешов хӑйсен командине выляса ярасран ҫӑлса хӑварчӗ. Часах Иванов судья свистокӗ вылямалли вӑхӑт иртни ҫинчен пӗлтерчӗ.

Вӑйӑ результачӗ пӗр пек (1:1) пулнӑ пирки, ӑмӑрту условийӗсем тӑрӑх, судья татах 30 минут хушса пачӗ. Хушса панӑ вӑхӑтра уйрӑмах «Динамо» футбол командинчи ҫамрӑксем хӑйсен чӑтӑмлӑхӗпе пултарулӑхне, ҫӗнтерӳшӗн кӗрешме хатӗррине кӑтартрӗҫ. Тӑрӑшса выляни сая каймарӗ: вӗсем татах тепӗр мечка тапса кӗртсе, ҫӗмӗрлесене 2:1 шутпа ҫӗнтерчӗҫ.

Ҫапла ӗнтӗ футбол вӑййипе республика кубокне илессишӗн пыракан ӑмӑртӑвӑн юлашки вӑййинче — финалта вылямa Шупашкарти «Спартак» тата «Динамо» футбол командисем тивӗҫлӗ пулчӗҫ.

Ҫак вӑйӑ паян, каҫхине 7 сехетре, «Молния» спорт обществин стадионӗнче пулать.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### КИНО

«РОДИНА» — июнӗн 14-мӗшӗнче 10, 12 тата 14 сехетре пуҫланакан сеанссенче «Киносборник № 37». Сборникре—«Чук и Гек» тата «Крашеный лис».

## Государствӑн 2 процентлӑ выляса илмелли шалти заемӗ

## ВЫЛЯСА ИЛМЕЛЛИ КӐЛАРӐМ

### 11-мӗш вылявра выигрышсем тухнине кӑтартакан

### СПРАВКА-ТАБЛИЦА

Выляв 1953 ҫулхи июнӗн 7-мӗшӗнче Чкалов хулинче пулнӑ.

Таблицӑра 200 тенкӗлӗх облигацисем ҫине выигрышсем тухнине кӑтартнӑ. Выигрыш суммине выляса илнӗ облигаци хакӗ те кӗрет.

Заемӑн мӗнпур разрячӗсенчи ҫак серисемпе облигацисен номерӗсем ҫине выигрышсем тухнӑ:

| Облигаци №№ | Сери №№ | Миҫе тенкӗ | Облигаци №№ | Сери №№ | Миҫе тенкӗ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миҫе тенкӗ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миҫе тенкӗ |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| 001011 | 1—50 | 400 | 013225 | 1—50 | 400 | 025654 | 1—50 | 400 | 038122 | 1—50 | 400 |
| 001138 | 25*) | 10.000 | 013239 | 1—50 | 400 | 025847 | 15*) | 5.000 | 038349 | 1—50 | 400 |
| 001184 | 1—50 | 400 | 013372 | 1—50 | 400 | 025990 | 1—50 | 1.000 | 038499 | 35*) | 10.000 |
| 001301 | 1—50 | 400 | 013734 | 1—50 | 400 | 025999 | 1—50 | 400 | 038508 | 1—50 | 400 |
| 001376 | 1—50 | 400 | 013815 | 33*) | 5.000 | 026462 | 1—50 | 400 | 039158 | 1—50 | 400 |
| 001443 | 32*) | 5.000 | 014416 | 32*) | 5.000 | 026592 | 1—50 | 400 | 040083 | 1—50 | 1.000 |
| 001864 | 1—50 | 400 | 015157 | 1—50 | 400 | 026668 | 1—50 | 400 | 040340 | 1—50 | 400 |
| 002050 | 1—50 | 400 | 015199 | 05*) | 5.000 | 026802 | 1—50 | 400 | 040376 | 1—50 | 400 |
| 002293 | 05*) | 25.000 | 015397 | 1—50 | 400 | 026804 | 1—50 | 400 | 040408 | 05*) | 5.000 |
| 003131 | 1—50 | 1.000 | 015489 | 32*) | 5.000 | 027088 | 1—50 | 400 | 040715 | 16*) | 10.000 |
| 003223 | 49*) | 50.000 | 015535 | 1—50 | 400 | 027235 | 1—50 | 400 | 041014 | 45*) | 10.000 |
| 003674 | 1—50 | 400 | 015805 | 1—50 | 400 | 027370 | 1—50 | 400 | 041082 | 1—50 | 400 |
| 003701 | 1—50 | 400 | 016000 | 22*) | 5.000 | 027468 | 1—50 | 400 | 041101 | 1—50 | 400 |
| 003757 | 1—50 | 400 | 016250 | 1—50 | 400 | 027883 | 1—50 | 400 | 041422 | 20*) | 10.000 |
| 003884 | 1—50 | 400 | 016499 | 1—50 | 400 | 028129 | 46*) | 5.000 | 041497 | 44*) | 5.000 |
| 003960 | 1—50 | 400 | 016828 | 1—50 | 400 | 028163 | 12*) | 5.000 | 041766 | 1—50 | 400 |
| 004539 | 1—50 | 400 | 017284 | 1—50 | 400 | 028187 | 38*) | 5.000 | 042300 | 06*) | 5.000 |
| 004906 | 30*) | 10.000 | 017451 | 1—50 | 400 | 028350 | 1—50 | 400 | 042459 | 1—50 | 400 |
| 004945 | 1—50 | 400 | 017735 | 1—50 | 400 | 028819 | 1—50 | 400 | 042600 | 21*) | 5.000 |
| 004987 | 1—50 | 400 | 017860 | 34*) | 25.000 | 028935 | 1—50 | 1.000 | 042658 | 1—50 | 400 |
| 005313 | 1—50 | 400 | 017936 | 1—50 | 400 | 029195 | 1—50 | 400 | 042937 | 25*) | 5.000 |
| 005367 | 1—50 | 400 | 018090 | 1—50 | 400 | 029289 | 36*) | 5.000 | 043092 | 20*) | 10.000 |
| 005390 | 1—50 | 400 | 018093 | 1—50 | 400 | 029336 | 1—50 | 400 | 043152 | 1—50 | 400 |
| 005540 | 1—50 | 400 | 018243 | 10*) | 5.000 | 029348 | 14*) | 5.000 | 043163 | 1—50 | 400 |
| 005547 | 31*) | 5.000 | 018654 | 46*) | 5.000 | 029621 | 15*) | 10.000 | 043210 | 19*) | 5.000 |
| 005660 | 1—50 | 400 | 018680 | 1—50 | 1.000 | 029726 | 12*) | 10.000 | 043412 | 1—50 | 400 |
| 005689 | 21*) | 10.000 | 018936 | 1—50 | 400 | 029838 | 1—50 | 400 | 043774 | 1—50 | 400 |
| 005897 | 1—50 | 400 | 018938 | 1—50 | 400 | 029931 | 36*) | 10.000 | 043792 | 1—50 | 400 |
| 006086 | 1—50 | 400 | 019020 | 1—50 | 400 | 029981 | 15*) | 25.000 | 043941 | 1—50 | 400 |
| 007682 | 37*) | 5.000 | 019113 | 1—50 | 400 | 030252 | 46*) | 5.000 | 044038 | 1—50 | 400 |
| 007845 | 1—50 | 400 | 019115 | 1—50 | 400 | 030510 | 49*) | 25.000 | 044252 | 1—50 | 1.000 |
| 008165 | 1—50 | 400 | 019136 | 1—50 | 400 | 030514 | 1—50 | 400 | 044296 | 1—50 | 400 |
| 008271 | 22*) | 5.000 | 019205 | 1—50 | 400 | 031124 | 18*) | 5.000 | 044438 | 1—50 | 400 |
| 008281 | 1—50 | 400 | 019721 | 1—50 | 400 | 031364 | 39*) | 10.000 | 044499 | 1—50 | 400 |
| 008578 | 1—50 | 400 | 019939 | 1—50 | 400 | 031371 | 38*) | 5.000 | 045395 | 1—50 | 400 |
| 008700 | 1—50 | 400 | 020756 | 1—50 | 400 | 031525 | 1—50 | 400 | 045409 | 1—50 | 1.000 |
| 008829 | 1—50 | 400 | 021009 | 1—50 | 400 | 031537 | 1—50 | 400 | 045442 | 1—50 | 400 |
| 008885 | 1—50 | 400 | 021108 | 15*) | 5.000 | 031596 | 1—50 | 400 | 045559 | 26*) | 5.000 |
| 008926 | 37*) | 25.000 | 021679 | 22*) | 5.000 | 031626 | 03*) | 10.000 | 045731 | 21*) | 5.000 |
| 009084 | 1—50 | 400 | 021846 | 1—50 | 400 | 031806 | 1—50 | 400 | 045770 | 1—50 | 400 |
| 009426 | 21*) | 10.000 | 021965 | 19*) | 10.000 | 031865 | 43*) | 5.000 | 046076 | 48*) | 5.000 |
| 009436 | 1—50 | 400 | 022144 | 1—50 | 400 | 031993 | 1—50 | 400 | 046419 | 1—50 | 400 |
| 009507 | 04*) | 10.000 | 022243 | 1—50 | 400 | 032827 | 1—50 | 400 | 046561 | 1—50 | 400 |
| 009673 | 1—50 | 400 | 022630 | 1—50 | 400 | 033172 | 1—50 | 400 | 047485 | 13*) | 25.000 |
| 009685 | 1—50 | 400 | 022741 | 39*) | 5.000 | 033724 | 05*) | 10.000 | 047599 | 1—50 | 400 |
| 010127 | 1—50 | 400 | 022892 | 1—50 | 400 | 033756 | 36*) | 10.000 | 047807 | 48*) | 5.000 |
| 010158 | 1—50 | 400 | 022905 | 1—50 | 400 | 033801 | 1—50 | 400 | 047808 | 1—50 | 400 |
| 010242 | 1—50 | 1.000 | 023018 | 1—50 | 400 | 033903 | 1—50 | 400 | 047889 | 1—50 | 400 |
| 010336 | 1—50 | 400 | 023031 | 1—50 | 400 | 034233 | 1—50 | 400 | 048430 | 1—50 | 400 |
| 010416 | 1—50 | 400 | 023066 | 13*) | 5.000 | 034480 | 1—50 | 400 | 048441 | 08*) | 50.000 |
| 010670 | 1—50 | 400 | 023094 | 1—50 | 400 | 034664 | 17*) | 10.000 | 048472 | 1—50 | 400 |
| 010729 | 1—50 | 1.000 | 023479 | 29*) | 5.000 | 035457 | 14*) | 25.000 | 048663 | 11*) | 5.000 |
| 010742 | 33*) | 10.000 | 023629 | 1—50 | 400 | 035775 | 1—50 | 400 | 049193 | 1—50 | 400 |
| 010883 | 07*) | 5.000 | 023782 | 1—50 | 400 | 035886 | 1—50 | 400 | 049200 | 47*) | 5.000 |
| 010937 | 19*) | 25.000 | 023855 | 1—50 | 400 | 036161 | 1—50 | 400 | 049418 | 1—50 | 400 |
| 011308 | 06*) | 10.000 | 023918 | 32*) | 5.000 | 036192 | 16*) | 5.000 | 049457 | 1—50 | 400 |
| 011417 | 23*) | 5.000 | 024478 | 1—50 | 400 | 036512 | 21*) | 5.000 | 049466 | 26*) | 5.000 |
| 011836 | 12*) | 5.000 | 024819 | 1—50 | 400 | 036850 | 1—50 | 400 | 049520 | 1—50 | 400 |
| 012389 | 02*) | 25.000 | 024905 | 44*) | 10.000 | 036978 | 41*) | 5.000 | 049559 | 17*) | 5.000 |
| 012445 | 1—50 | 400 | 025099 | 20*) | 10.000 | 037177 | 23*) | 5.000 | 049648 | 1—50 | 400 |
| 012796 | 24*) | 10.000 | 025323 | 1—50 | 400 | 037541 | 1—50 | 400 | 049700 | 05*) | 5.000 |
| 012917 | 1—50 | 400 | 025325 | 1—50 | 1.000 | 037655 | 1—50 | 400 | 049847 | 40*) | 10.000 |
| 013132 | 1—50 | 400 | 025358 | 29*) | 25.000 | 038081 | 21*) | 5.000 | | | |

*) Ҫак серие кӗрекен облигацисен ытти 49 номерӗ 400-шер тенкӗ выляса илнӗ.

ЧӐВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧӖН УПРАВЛЕНИЙӖ.





### Китай хӗрарӑмӗсене ответлӑ вырӑнсенче ӗҫлеме уйӑрса лартаҫҫӗ

ПЕКИН, июнӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). «Дунбэйжибао» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Мукденри промышленность предприятийӗсенче смена начальникӗсем, бригадирсем, цех, пай начальникӗсем, профсоюз организацийӗсен председателӗсем пулса 170 хӗрарӑм ытла ӗҫлет. Ҫурҫӗр-Хӗвелтухӑҫӗнчи районсенче хӗрарӑмсем старостӑсем, шкул директорӗсем пулса ӗҫлеҫҫӗ. Вӗсене нумайӑшне пуҫламӑш парторганизаци секретарӗсем пулма суйланӑ. Вырӑнти парторганизацисем хӗрарӑмсем хушшинче политикӑлла воспитани ӗҫне анлӑн туса пыраҫҫӗ. Сӑмахран, Жэйхуэшн провинцийӗнчи парти комитечӗ хӗрарӑмсем валли ятарласа техникӑна вӗренмелли курс тата партшкул уҫнӑ. Вӗсенче 200 хӗрарӑм вӗренет.

### АЛБАНИРЕ ТЫРПУЛ ПУХСА КӖРТМЕ ТЫТӐННӐ

ТИРАНА, июнӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Берат, Куррес, Эльбасан, Фиери, Круи, Тирана, Саранда районӗсенче тулӑпа урпа вырма тухнӑ. Кӑҫал тӗштырӑ пухса кӗртмелли лаптӑк пӗлтӗрхинчен 10,6 процент пысӑкрах.

Тырӑ ӑнса пулнӑ.

## Совет Союзӗпе Иран хушшинчи суту-илӳ ҫинчен

ТЕГЕРАН, июнӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Совет Союзӗн Иранри Суту-илӳ Представительствипе Иранри наци экономикин министерстви хушшинче каласусем пулса иртнӗ. Каласусене туслӑн ирттернӗ. Ҫакӑн хыҫҫӑн кӑҫалхи июнӗн 10-мӗшӗнче Тегеранра Совет Союзӗн Иранри Суту-илӳ Представителӗ М. И. Кузнецов тата Иранри Наци экономикин министрӗ Ахави тепӗр ҫуллӑха Совет Союзӗнчен Ирана, Иранран Совет Союзне таварсем тӑратасси ҫинчен ҫырусем улӑштарса илнӗ.

Ҫак килӗшӳ тӑрӑх, Совет Союзӗпе Иран хушшинчи суту-илӳ ӗҫӗсем, иртнӗ ҫулхипе танлаштарсан, чылай вӑйланмалла.

## Австрире „Мир эрни“ ирттереҫҫӗ

ВЕНА, июнӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Хальхи вӑхӑтра Австрире пилӗк аслӑ держава хушшинче Мир Пакчӗ тӑвассишӗн кӗрешес тӗллевпе «Мир эрни» ирттереҫҫӗ.

Венӑра тата ытти хуласенче те ӗҫҫыннисен пухӑвӗсем пулса иртеҫҫӗ. Халӑх правительствӑран пилӗк аслӑ держава хушшинче Мир Пакчӗ тӑвассишӗн тӑрӑшма ыйтать.

Вена хулинчи пӑравуссем тӑвакан заводра ӗҫлекен рабочисем канцлер Рааб патне ҫыру янӑ. Вӗсем Халӑхсен мире хӳтӗлес тӗлӗшпе пулса иртнӗ конгресӗ пилӗк аслӑ держава хушшинче Мир Пакчӗ тума чӗнсе калланине йышӑнма ыйтаҫҫӗ.

### АНГЛИПЕ ЕГИПЕТ ХУШШИНЧИ ҪЫХӐНУСЕМ ПИРКИ

КАИР, июнӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). «Аль-Ахрам» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Египет премьер-министрӗ Нагиб, Англипе Египет хушшинчи ҫыхӑнусем пирки панӑ ыйту ҫине ответлесе ҫапла каланӑ: Египет Англин хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсене халех тата нимӗн хирӗҫсӗ тӑмасӑр илсе тухса каймалла тӑвассишӗн тӑрать. «Англи ҫак никӗс ҫинче каласусем ирттерме хатӗр пулсан, эпир унпа каласусем ирттерме килӗшетпӗр».

## Уругвай халӑхӗ США-па тунӑ ҫар килӗшӗвне хирӗҫ тӑрать

МОНТЕВИДЕО, июнӗн 11-мӗшӗ. (ТАСС). «Хустисиа» хаҫат ҫапла пӗлтерет: Уругвайри 10 пин металлист июнӗн 10-мӗшӗнче ӗҫ укҫи ӳстерме, ӗҫ условийӗсене лайӑхлатма, Пӗрлешӳллӗ Штатсемпе тунӑ ҫар килӗшӗвне пӑрахӑҫа кӑлармa ыйтса пӗтӗмӗшле забастовка ирттернӗ. Икӗ пин рабочи, грузовиксем ҫине ларса, парламент тата промышленноҫпа транспорт министерствин ҫуртӗсем патне хӑйсен ыйтӑвӗсем ҫинчен каласа пама тата США-па тунӑ ҫар килӗшӗвне ҫирӗплетессине хирӗҫ протест пама пынӑ.

Хаҫат ҫырнӑ тӑрӑх, ҫӑм промышленноҫӗнчи рабочисем, хӑйсен экономикӑлла ыйтӑвӗсене хӳтӗлесе тата США-па тунӑ ҫар килӗшӗвне хирӗҫ протестлесе, массӑллӑ демонстраци ирттерме йышӑннӑ.

РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-04, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-28.

НЗ 01418 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.